*Пӗтӗм тӗнчери пролетарисем, пӗрлешӗр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

КПСС Чӑваш обкомӗпе Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн тата Министрсен Совечӗн органӗ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 20 (20153) • Юнкун, 1990 ҫулхи январӗн 24-мӗшӗ • Хаҫат 1918 ҫулхи февральтенпе тухать • Хакӗ 3 пус

## КПСС Центральнӑй Комитечӗн Политбюровӗнче

КПСС Центральнӑй Комитечӗн Политбюровӗ январӗн 22-мӗшӗнче пулса иртнӗ ларура КПСС Центральнӑй Комитечӗн партин XXVIII съезчӗ тӗлне палӑртса хатӗрленӗ платформа проектне пӑхса тухнӑ.

Проекта тӗплӗн сӳтсе явса, Центральнӑй Комитетӑн Политбюровӗ, тӗпрен илсен, платформа положенийӗсене ырланӑ тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн Генеральнӑй секретарьне М. С. Горбачева, асӑрхаттарса каланисене шута илсе, документа пӗтӗмпех туса хатӗрлеме хушнӑ, ҫакӑн хыҫҫӑн проекта Центральнӑй Комитетӑн черетлӗ Пленумӗнче пӑхса тухма тӑратассӗ.

Центральнӑй Комитетӑн Политбюровӗ ҫак ыйтупа 1990 ҫулхи февралӗн 5—6-мӗшӗсенче Центральнӑй Комитетӑн Пленумне ирттерме решени йышӑннӑ.

Ларура КПСС Центральнӑй Комитечӗн Генеральнӑй секретарӗ М. С. Горбачев тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн 1989 ҫулхи декабрьте ирттернӗ черетсӗр Пленумне хутшӑннӑ сынсен ушкӑнӗ Литва ССРӗнче ӗҫӗ-хӗлӗн итогӗсене пӑхса тухнӑ тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ тӗлне тивӗҫлӗ сӗнӳсем палӑртса хатӗрленӗ.

М. С. Горбачев Японири либерал-демократсен партийӗн С. Абэ ертсе пыракан делегацийӗпе тӗл пулнин, ҫавӑн пекех А. Н. Яковлевпа А. И. Лукьянов делегаципе тӗл пулса калаҫнин результачӗсем ҫинчен пӗлтернине пӑхса тухнӑ.

Ҫакна ҫирӗплетнӗ: пӗр-пӗрин шухӑшӗпе паллаштарни Совет Союзӗпе Япони хушшинчи политика диалогне палӑрмаллах тарӑнлатма май панӑ. Диалога пирвайхи хут Японири влаҫра тӑракан парти представителӗсем активлӑ хутшӑннӑ. Совет Союзӗпе Япони хушшинчи хутшӑнусене лайӑхлатмалли тата тӗрлӗ отрасльсенче икӗ енлӗ ҫыхӑнусене аталантармалли ҫӗнӗ майсем тупса палӑртнӑ. Икӗ енӗ те ҫак хутшӑнусене хальхи вӑхӑт требованийӗсене тивӗҫтермелли шая илсе тухма кирли ҫинчен, икӗ ҫӗршыв ку чухнехи тӗнчере, тӗнчери пурнӑҫӑн хальхи аталанӑвӗнче мӗнлерех вырӑн йышӑнни ҫинчен хӑйсен шухӑшӗсене калани пысӑк пӗлтерӗшлӗ. Япони енӗ КПССпа ЛДП хушшинчи ҫыхӑнусене аталантарма сӗннипе килӗшнӗ.

Ларура М. С. Горбачев ООН генеральнӑй секретарӗпе Х. Перес де Куэльярпа ирттернӗ калаҫусен тата Э. А. Шеварднадзе унпа тӗл пулнин итогӗсене пӑхса тухнӑ. Пӗтӗм этемлӗх хушшинче килӗшӳ туса хурса тата лару-тӑрупа право йӗркине ҫирӗплетсе, «сивӗ вӑрҫӑран» тӗнче аталанӑвӗн мирлӗ тапхӑрӗ патне куҫса пымалли процесра Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн, унӑн Хӑрушсӑрлӑх Совечӗн тата генеральнӑй секретарӗн пӗлтерӗшне ӳссе пынине палӑртнӑ. Политикӑра ООНа пулӑшса пымалли ҫул-йӗртен парӑнманнине палӑртнӑ. Ҫакӑ вӑл тулашри политикӑри ҫӗнӗлле шухӑшлавпа, ҫӗршыври ҫӗнетӳпе, демократизаципе тата уҫҫӑнлӑхпа тачӑ ҫыхӑннӑ.

*Суйлав умӗн*

## Кандидатсем вӗренӳре

Январӗн 22-мӗшӗнче, суйлав законодательствипе килӗшӳллӗн, РСФСР, Чӑваш АССР тата вырӑнти Советсен халӑх депутачӗсене суйлама тӑратнӑ кандидатсене регистрацилес ӗҫ вӗҫленнӗ. Халӗ суйлав кампанийӗ ҫӗнӗ тапхӑра кӗчӗ: кандидатсем хӑйсен суйлавҫисемпе тӗл пулаҫҫӗ. Ҫӗршер кандидат депутат мандачӗшӗн хӗрӳ кӗрешӗве тухнӑ.

Ӗнер Шупашкарта, Политвӗренӳ ҫуртӗнче, суйлав ыйтӑвӗпе, РСФСР тата Чӑваш АССР государство влаҫӗн аслӑ органӗсене суйлама тӑратнӑ кандидатсен семинарӗ пулчӗ. Унта РСФСР халӑх депутачӗсене суйлас тӗлӗшпе ӗҫлекен округри суйлав комиссийӗсен председателӗсем, КПСС хула, район комитечӗсен пӗрремӗш секретарӗсем тата хула, район Совечӗсен ӗҫтӑвкомӗсен председателӗсем хутшӑнчӗҫ.

Чӑваш АССР халӑх депу... [illegible] ...лекен Тӗп суйлав комиссийӗн председателӗ В. Х. Дубинин семинара хутшӑнакансене кандидатсене регистрацилени итогӗсемпе паллаштарчӗ. Чӑваш АССР государство влаҫӗн аслӑ органне суйлама 200 мандат вырӑнне 568 кандидат регистрациленӗ. Округри суйлав комиссийӗсем тӗрлӗ сӑлтавпа 19 ҫынна кандидат удостоверенийӗ... [illegible]

...сем паман. РСФСР халӑх депутачӗсене суйламалли 8 территори тата 4 наци-территори округӗсем тӑрӑх 73 кандидата регистрациленӗ. Шел пулин те, кандидатсем хушшинче рабочисемпе колхозниксем, хӗрарӑмсем тата ҫамрӑксем пите сахал. Ытларахӑшӗ — тӗрлӗ шайри руководительсем.

Семинарта Чӑваш АССР Госплан председателӗ В. А. Мурашкин, финанс министрӗ В. Н. Арефьев, Чӑваш АССР прокурорӗ Е. П. Жучков, юстици министрӗ Л. А. Жарков докладсем туса пачӗҫ, ыйтусем ҫине ответлерӗҫ. СССР халӑх депутачӗ, Канаш район больницин тӗп врачӗ Ф. Г. Григорьев суйлав умӗнхи кӗрешӳре хӑй пухнӑ опытпа паллаштарчӗ.

Семинарта КПСС обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ А. П. Петров сӑмах каларӗ.

Ун хыҫҫӑн, секцисем ҫине пайланса, республикӑри министерствӑсемпе [illegible] тӗп руководителӗсем семинара хутшӑннисене тӗрлӗ ыйтусемпе консультацисем пачӗҫ.

Семинар ӗҫне КПСС обкомӗн бюро членӗсемпе бюро членӗн кандидачӗсем, Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗпе Министрсен Совечӗн ответлӑ работникӗсем хутшӑнчӗҫ.

**В. РЫБКИН.**

## Вӗҫев малалла пырать



Хӗрлӗ Чутай районӗнчи «Путь Ильича» колхозра В. П. Яндайкина пӗлмен ҫын ҫук та пулӗ. Вӑл — ӑста механизатор, ӗҫре хастар. Хисеплет ӑна ялйыш. Коммунистсем Владимир Петровича хӑйсен ретне илнӗ. Кӑҫалхи ҫуракине хутшӑнакан ялхуҫалӑх машинисене вӑл, тӗплӗн юсаса, ӗҫе хатӗрлесе ҫитерни.

Нумаях пулмасть суйлавҫӑсем В. П. Яндайкина Акчикасси ял Совечӗн халӑх депутатне суйлама кандидата тӑратнӑ.

© В. П. Яндайкин механизатор.

В. Иванов фотоӳкерчӗкӗ.

## КАМА КИРЛӖ ЮНЛӐ ТАВӐРУ?

## ВӐХӐТ ҪӖНӖЛЛЕ ӖҪЛЕМЕ ХУШАТЬ

Январӗн 19—20-мӗшӗсенче Шупашкарта ВЛКСМ область организацийӗн XXXVIII отчетпа суйлав конференцийӗ пулса иртни ҫинчен хаҫатра пӗлтернӗччӗ ӗнтӗ. Конференцире ВЛКСМ обкомӗн виҫӗ ҫулхи ӗҫӗн отчетне тата комсомолӑн область организацийӗн ӗҫне ҫӗнетсе лайӑхлатас тӗлӗшпе тӑракан задачӑсене, ҫавӑн пекех комсомолӑн область организацийӗн ревизи комиссийӗн отчетне итлесе сӳтсе явнӑ. Конференци ВЛКСМ обкомӗн тата комсомолӑн область организацийӗн ревизи комиссийӗн ҫӗнӗ составӗсене, ВЛКСМ XXI съездне, Росси Федерацийӗнчи комсомол организацийӗсен съездне кайма делегатсем суйланӑ, ВЛКСМ тӗп органӗсен составне суйлама кандидатсем сӗннӗ.

Конференцире КПСС обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ А. П. Петров тухса калаҫнӑ.

Конференцире ВЛКСМ обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ пулма В. А. Петрова суйланӑ.

Паян конференци ӗҫӗ-хӗлӗ ҫинчен тӗплӗнрех каласа паратпӑр.

## ВЛКСМ обкомӗн пленумӗ

Иртнӗ шӑматкун ВЛКСМ обкомӗн пленумӗ пулса иртнӗ. Вӑл организацилле ыйтусем пӑхса тухнӑ.

Пленум ВЛКСМ обкомӗн иккӗмӗш секретарӗ тата бюро членӗ пулма **Н. С. Егорова**, секретарӗсем тата бюро членӗсем пулма **О. М. Цыпленковпа В. Н. Михеева** суйланӑ.

Обком пленумӗ бюро членӗсем пулма тата ҫак юлташсене суйланӑ: **В. И. Дубинина** — ВЛКСМ Шупашкар хула комитечӗн пӗрремӗш секретарьне, **Н. И. Бакуновеца** — республикӑри комсомол комитечӗсен хуҫалӑх расчечӗпе ӗҫлекен подразделенийӗсен социалла пурнӑҫпа экономика аталанӑвӗн ассоциацийӗн председательне, **В. И. Ермакова** — Шупашкар хулинчи ӑшӑ сечӗсен мастерне, **Р. Г. Ивановӑна** — Куславкка районӗнчи «Тюрлеминский» совхозри ВЛКСМ комитечӗн секретарьне, **И. К. Ильина** — ВЛКСМ Тӑвай райкомӗн пӗрремӗш секретарьне, **В. Е. Криницынана** — Чӑваш музыка театрӗн балет артисткине, **Д. Г. Крюкова** — И. Н. Ульянов ячӗпе хисепленекен Чӑваш государство университечӗн студентне, **М. Н. Марӗевӑна** — «Пионер сасси» хаҫат редакторне, **В. В. Петровские** — «Молодой коммунист» хаҫат редакторне, **М. Ю. Фискаловӑна** — Шупашкарти 17-мӗш вӑтам шкулта вӗренекене, **А. Н. Фомина** — «Шупашкарти промышленность тракторӗсен завочӗ» пӗрлешӳри ВЛКСМ комитечӗн секретарьне, **Д. Р. Шкуренкӑна** — Шупашкарти «Химпром» пӗрлешӳри ВЛКСМ комитечӗн секретарӗн заместительне.

Пленум «Молодой коммунист» хаҫат редакторӗ пулма **В. В. Петровские**, ВЛКСМ обкомӗн ҫамрӑк туристсемпе ӗҫлекен «Спутник» бюровӗн председателӗ пулма **А. И. Кузьмина**, студентсен отрячӗсен область штабӗн командирӗ пулма **С. Н. Яндараева** ҫирӗплетнӗ.

Пленум ӗҫне КПСС обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ А. П. Петров, КПСС обкомӗн секретарӗсем Д. Ф. Семенов, В. С. Шурчанов, М. Я. Якимов тата ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн ответорганизаторӗ К. Л. Рыбаков хутшӑннӑ.

## ПЫСӐК ОТВЕТЛӐХ

**А. П. ПЕТРОВ,**
*КПСС обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ*

Комсомол, пӗтӗм совет обществи пекех, ответлӑ тапхӑрта пурӑнать. Паян ҫакан пек ыйту туxса тӑрать: комсомолӑн, уйрӑммӑн илсен, Чӑваш республикинчи комсомолӑн мӗнле пулмалла?

Эпир комсомол организацийӗсемпе идейӑлла пӗрлех никӗсӗ ҫинче хутшӑнса ӗҫлесшӗн, вӗсен организацилле хайтеллӗнлӗхӗпе килӗшес... Республикӑри парти ор...

республика тата ҫӗршыв экономикине ҫирӗплетме пултараймастпӑр. Экономикӑсӑр политика та ҫук.

Комсомол организацийӗсем, мӗнпур яшсемпе хӗрсем республикӑра ҫирӗплетнӗ комплекслӑ программӑсене — пурӑнмалли ҫурт-йӗр, аватҫимӗҫ, халӑха кирлӗ таварсем, хура тӑпрала мар зонӑри ҫулсем, хуласемпе ялсене газ кӗртес, сывлӑх сыпӗпе ... программӑсене ...

Ҫакна тума республикӑра условисем ҫук мар: Культура ҫуртӗсем, клубсем, библиотекӑсем, театрсем, кинотеатрсем, спортзалсем, стадионсем, музейсем тата ытти те пур.

Учетра тӑракан ҫул ҫитмен «йывӑр» ачасене шефа илесси ҫинчен манса кайрӑмӑр. Студентсен ытларах пайӗ, пединститутри «Макаренковец» отрядсӑр пуҫне, ҫул ҫитмен ачасемпе уйрӑм...

тĕл пулаççĕ. Çĕршер кандидат депутат мандачĕшен херÿ кĕрешĕве тухнă.

 Енер Шупашкарта, Политвĕренÿ çуртĕнче, суйлав ыйтăвĕпе, РСФСР тата Чăваш АССР государство влаçĕн аслă органĕсене суйлама тăратнă кандидатсен семинарĕ пулчĕ. Унта РСФСР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе çăлекен округри суйлав комиссийĕсен председателĕсем, КПСС хула, район комитечĕсен пĕрремĕш секретарĕсем тата хула, район Совечĕсен ĕçтăвкомĕсен председателĕсем хутшăнчĕç.

Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен Тĕп суйлав комиссийĕн председателĕ В. Х. Дубинин семинара хутшăннисене кандидатсене регистрациленин итогĕсемпе паллаштарчĕ. Чăваш АССР государство влаçĕн аслă органне суйлама 200 мандат выраãне 568 кандидат регистрациленĕ. Округри суйлав комиссийĕсем тĕрлĕ сăлтавпа 19 çынна кандидат удостоверенийĕ руководительсем.

Семинарта Чăваш АССР Госплан председателе В. А. Мурашкин, финанс министрĕ В. Н. Арефьев, Чăваш АССР прокурорĕ Е. П. Жучков, юстици министрĕ Л. А. Жарков докладсем туса пачĕç, ыйтусем çине ответлерĕç. СССР халăх депутачĕ, Канаш район больницин тĕп врачĕ Ф. Г. Григорьев суйлав умĕнхи кĕрешÿре хăй пухнă опытпа паллаштарчĕ.

Семинарта КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров сăмах каларĕ.

Ун хыççăн, секцисем çине пайланса, республикăри министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем семинара хутшăннисене тĕрлĕ ыйтусемпе консультацисем пачĕç.

Семинар ĕçне КПСС обкомĕн бюро членĕсемпе бюро членĕн кандидачĕсем, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕпе Министрсен Совечĕн ответлă работникĕсем хутшăнчĕç.

**В. РЫБКИН.**

## Вĕçев малалла пырать

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, январĕн 23-мĕшĕ. [ТАСС].** Александр Викторенко тата Александр Серебров виççĕмĕш хут уçă космоса тухма хатĕрленеççĕ. Иртнĕ кунсенче вĕсем çĕнĕ скафандрсен системисем мĕнле ĕçленине тĕрĕслесе пăхнă. Космонавтсем иккĕшĕ те чĕрепе юн тымарĕсен системи йывăр ĕç пурнăçланă чухне мĕнле реакци парассине палĕртас тĕллевпе хăйсен сывлăхне тĕрĕсленĕ.

Январĕн 17-мĕшĕнче «Галлар» установка çинче микрогравитаци условийĕсенче галлий арсенидĕн монокристалне ÿстерес тĕлĕшпе эксперимент пуçланă пулнă. Халĕ ăна малалла пурнăçлаççĕ. Нумай вăхăта пыракан технологи процесĕсене микро-ЭВМ пулăшнипе автоматла майпа йĕркелесе тăраççĕ. Ку микро-ЭВМ установка составне кĕрет.

Медицина контролĕн результачĕсем тăрăх, космонавтсен сывлăхĕ лайăх.

Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Путь Ильича» колхозра В. П. Яндайкина пĕлмен çын çук та пулĕ. Вăл — ăста механизатор, ĕçре хастар. Хисеплет ăна ялйыш. Коммунистсем Владимир Петровича хăйсен ретне илнĕ. Кăçалхи çуракине хутшăнакан ялхуçалăх машинисене вăл, тĕплĕн юсаса, ĕçе хатĕрлесе çитернĕ.

Нумаях пулмасть суйлавçăсем В. П. Яндайкина Акчикасси ял Совечĕн халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă.

⊙ В. П. Яндайкин механизатор.

В. Иванов фотоÿкерчĕкĕ.

## *КАМА КИРЛĔ ЮНЛĂ ТАВĂРУ?*

Мĕншĕн çапăçан паян, Армени!
Мĕншĕн юн тăкан, Азербайджан!
Пĕр йышра эпир нумай тÿсмен-и,
Çĕнтерсе тухман-и нушаран.

Усепян, сана аса илетĕп,
Асăмрах Юсуп Садык-оглы.
Пĕр полкри туссем манман пуль тетĕп,
Пĕрлĕх пулнă яланах тулли.

Пĕр-пĕрне тăван пек хисепленĕ,
Пулăшнă — нихçан та пăрахман.
Паян мĕншĕн пăшалпа тĕлленĕ,
Мĕншĕн кÿршĕ кÿршĕпе тăшман!
Юн юхни, ача-пăча куççулĕ,
Ваттисен асапĕ, çурт çунни...

Тусăмсем, çакна чухлатăр пулĕ:
Камшăн кирлĕ вăрçа пуçăнни!

Юнлă тавăру кама вăл кирлĕ,
Мĕн кÿрет вăл ĕçлĕ халăха!
Пĕрлĕхре кăна пурнатпăр мирлĕ,
Туслăхра тупатпăр ырлăха.

Чăрсăр çулăм, япкăшса ан ашкăн,
Ан çÿре çĕр тăрăх таптаса.
Чарăнăр ăсран кайса урмашкăн,
Халăх чысĕ пултăр тап-таса.

**А. АСЛУТ.**

## ПЫСĂК ОТВЕТЛĂХ

**А. П. ПЕТРОВ,**
**КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ**

Комсомол, пĕтĕм совет обществи пекех, ответлă тапхăрта пуранать. Паян çакан пек ыйту тухса тăрать: комсомолăн, уйрăмман илсен, Чăваш республикинчи комсомолăн мĕнле пулмалла?

Эпир комсомол организацийĕсемпе идейăлла пĕрлех никĕсĕ çинче хутшăнса ĕçлесшĕн, вĕсен организацилле хăйтелленлехĕпе килĕшесшĕн. Республикăри парти организацийĕсен вĕсен ĕçне тÿрремĕнех хутшăнмалла мар. Комсомола парти енчен ертсе пымалли ленинла принципсене сĕнетсе лайăхлатмалла.

Халлĕхе çак принципсем практикăра вăрах çирĕпленеççĕ. Комсомол организацийĕсемпе тытакан çыхăнура консерватизм, вĕрентсе калани, команда парса ĕçлеттерни те çук мар. Комсомол ĕçне шута хуманни ан пултăр.

Комсомол демократи процесĕсене малалла аталантарнипе, союзăн шалти дисциплинине çирĕплетнипе çенелсе пырать. Анчах демократие темтепĕр тума юранипе тата анархипе пăтраштармалла мар. Шел, хăшпĕр тĕслĕхсем урăххи çинчен калаççĕ.

Хăшпĕр комсомол конференцийĕсене нумай делегат пыман. ВЛКСМ Шупашкар хула организацийĕн конференцине вара кашни виççĕмĕш делегат хутшăнман. ВЛКСМ обкомĕн пленумĕсем те сахал кворумпа иртеççĕ. Çака пăшăрхантарать: юлашки тăватă çул хушшинче ВЛКСМ область организацийĕ 46 пин комсомолец чухлĕ чакнă. Нумай комсомол организацийĕнче пухусем сайра иртереççĕ, хăшпĕр çĕрте вара отчетпа суйлав пухăвĕсем кăна пулаççĕ.

Çаксем пурте тараннăн шухăшлама, комсомол ĕçне çирĕплетмелли çĕнĕ формăсем шырама, вĕсен мĕнпур сыпăкĕсен пултарулăхне аталантарма, хăйĕн организацийĕн малашнехи шăпишĕн кашни комсомолецăн ответлăхне ÿстерме хистеççĕ.

Комсомолецсене, яш-кĕрĕме, шкул ачисене конкретла та усăллă ĕçе хутшăнтармасăр воспитани çинчен калаçма та кирлĕ мар. Объективлă сăлтавсем шырама пулать, анчах çакă паллă: вăйăсемпе тата савăнăç кÿрекен мероприятисем иртернипе çеç эпир сирĕнпе чăн-чăн çынсем, ĕçченсем пăхса ÿстерейместпĕр. В. И. Ленин РКСМ III съездĕнче каланă сăмахсене аса илтерес шĕн: «...Рабочисемпе тата хресченсемпе пĕрле ĕçлесе кăна чăн-чăн коммунист пулма пулать».

Анланулла та паха ĕççĕр республика тата çĕршыв экономикине çирĕплетме пултараймастпăр. Экономикăсăр политика та çук.

Комсомол организацийĕсем, мĕнпур яшсемпе хĕрсем республикăра çирĕплетнĕ комплекслă программăсене — пурăнмалли çурт-йĕр, апатçимĕç, халăха кирлĕ таварсем, хура тăпраллă мар зонăри çулсем, хуласемпе ялсене газ кĕртес, сывлăх сыхлăвĕпе йышăннă программăсене анăçлă пурнăçлас ĕçе активлă хутшăнасса шанас килет.

Комсомол вара ĕçлеме, нумай çивеч ыйтăва хăех татса пама пултарать. Çакна Шупашкарпа Çĕмĕрле хулисенче çамрăксен пурăнмалли çуртсен комплексĕсене тунипе те çирĕплетсе пама май пур. Комсомол комитечĕсем пуçарнипе наука-техника творчествин 10 центрне тата 28 хуçалăх расчечĕн центрне йĕркеленĕ. Пурнăç хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсем шырама хушать. Вĕсен шутне тупăшлă мар е пĕчĕк предприятисене, цехсене, фермăсене арендăна илнине, халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли тата çамрăксен ыйтăвĕсене тивĕçтермелли центрсем йĕркелениe кĕртме пулать. Тăрăшсан, пуçарулла пулсан, çамрăксем хăйсен идейисемпе шухăшĕсене пурнăça кĕртеççĕх. Çав хушăрах укçашăн ытлашши çунни те хăйне евĕр хăрушлăх пур. Комсомол билетне кооперативпа улăштарма кирлĕ мар.

Паянхи кăткăс лару-тăру çамрăксем хушшинчи идеологи ĕçне вăйлатма хушать. Пирĕн шутпа, ку вăл — комсомол организацийĕсен ĕçĕнчи чи юлса пыракан участок. Пирĕн нумай инкек çамрăксен культурăпа нравственность тĕлĕшĕнчи шайĕ пĕчĕк кинчен килет. Унсăрăн ушкăнпа çапăçни, тĕрлĕ тискерлĕх, токсикоманипе иртĕхни, эрехпе ашкăнни пулман пулĕччĕ.

ВЛКСМ обкомĕ, вырăнсенчи комсомол комитечĕсем комсомолецсем, пионерсемпе шкул ачисем хушшинчи воспитани ĕçне чылай вăйсăрлатнă. Сак ĕçре тĕплĕн шухăшлани, витĕмлĕх çитмест. Çакна çамрăксем хушшинче преступлени тăвасси ÿсни лайăх çирĕплетсе парать. Пĕлтĕр ачасем преступлени тăвасси 23,2 процент ÿснĕ. Преступлени тунисем хушшинче кашни виççĕмĕшĕ — шкул ачи, кашни тăваттăмĕшĕ — профтехучилищĕре вĕренекен, кашни саккăрмĕшĕ — комсомолец. Çамрăксем хушшинчи лайăх мар ĕçсем комсомол комитечĕсем яшсемпе хĕрсен пушă вăхăтне усăллă иртерме йĕркелеме пĕлменнинчен те килеççĕ.

Çакна тума республикăра условисем çук мар: Культура çурчĕсем, клубсем, библиотекăсем, театрсем, кинотеатрсем, спортзалсем, стадионсем, музейсем тата ытти те пур.

Учетра тăракан çул çитмен «йывăр» ачасене шефа илесси çинчен манса кайрамăр. Студентсен ытларах пайĕ, пединститутри «Макаренковец» отрядсăр пуçне, çул çитмен ачасемпе уйрăммăн ĕçлессине йĕркелемен. Эпир çул çитмен ачасене çарпа патриотла клубсен ĕçне хутшăнтарасси çинчен нумай калаçатпăр. Ку тĕлĕшпе лайăх тĕслĕхсем çук мар. КПСС обкомĕн бюровĕ Çĕнĕ Шупашкарти «Руслан» клуб ĕç опытне ырларĕ. Анчах çакăн пек клубсен йышĕ ÿсмест, вĕсен пурлăхпа техника никĕсĕ вăйсăр.

Комсомолецсемпе çамрăксене идейăпа политика воспитанийĕ парасси çинчен каласнă чухне çамрăксен хаçачĕсемпе журналĕсем, чи малтан «Молодой коммунист» хаçат çинчен асăнмасăр иртме май çук. Çакна палăртмалла: хаçата юратса вулаççĕ, ăна лайăх илемлетсе кăларма тăрăшаççĕ, вăл пирĕн пурнăçăн çивĕч ыйтăвĕсене çутатать. Анчах хаçатра çитменлĕхсем те сахал мар. ВЛКСМ обкомĕ хăйĕн органне лайăхрах ертсе пымалла, редакци коллективĕн ĕçĕшĕн ответлă пулмалла.

Комсомол организацийĕсем республикăн политика пурнăçне активлă хутшăнма кирли çинче чарăнса тăрасшăн. Эпир çамрăксем Советсенче, профсоюзсенче, коллективсен ĕç совечĕсенче тата ытти çĕрте ытларах ĕçлеччĕр тесе шутлатпăр. Ку енĕпе çамрăксен хăйсен активлăх кăтартни кирлĕ.

«Чăваш республикинчи çамрăклăх» программа туса хатĕрлессине тата ăна пурнăçа кĕртессине ырламалла кăна. Правительствăра çамрăксемпе ĕçлекен орган йĕркелесси пирки те шухăшласа пăхмалла. Çамрăксен чи кирлĕ ыйтăвĕсене парти тата комсомол комитечĕсен пленумĕсенче, вĕсен ĕç тăвакан ытти органĕсенче, Советсен сессийĕсенче пăхса тухса татса пани те выранлă пулмалла.

Хальхи вăхăтра КПСС XXVIII съездне, ВЛКСМ XXI съездне, В. И. Ленин суралнăранпа 120 çул, Аслă Çĕнтерÿ пулнăранпа 45 çул тата Чăваш автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине кĕтсе илме хатĕрленес ĕç пырать. Çавна май комсомол комитечĕсен хăйсен ĕçне тĕпрен лайăхлатмалла.

## «ДИАЛОГ» политклуб:
## январĕн 25-мĕшĕнче—
# ЧЕРЕТЛĔ ЗАНЯТИ

Январĕн 25-мĕшĕнче КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕн Пысăк залĕнче «Диалог» политклубăн черетлĕ занятийе пулать. Унăн теми — «Экологи тата эпир». 17 сехетре пуçланать. Çак ыйтусене сÿтсе яваççĕ:

1. **Республикăри экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăру. Çыппа çутçанталăк хушшинчи çыхăну.**
2. **Экологи тата экономика.**
3. **Экологи воспитанийĕ: опыт, практика, проблемăсем.**
4. **Общественноçăн экологи лару-тăрăвне лайăхлатас ĕçри ролĕ.**

Политклуб занятийĕнче Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕ **Ж. Г. Строкач**, СССР халăх депутачĕ, Пĕтĕм Российăри çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн республикăри совечĕн президиумĕн председателĕ, Етĕрне районĕнчи «Ленинская искра» колхоз председателĕ **А. П. Айдак** тухса калаççĕ.

Сÿтсе явакан ыйтупа дискусси республикăн экологи тĕлĕшĕнчи хальхи лару-тăрăвĕпе тата малашлăхĕпе интересленекенсене пурне те — специалистсемпе ученăйсене, хими, биологи, медицина преподавателĕсене, аслă шкулсен ытти факультечĕсенче ĕçлекенсене, санитари службин работникĕсене, предприятисен, колхозсемпе совхозсен, обществăлла организацисен, çавăн пекех хăйсем тĕллĕн йĕркеленĕ организацисен руководителĕсене, мĕнпур çынсене чĕнеççĕ.

Сÿтсе явма палăртнă ыйтусемпе малтанах канашлама сĕнÿсем пама пулать. Çак телефонсемпе шăнкăравласа каласмалла: 22-05-87, 22-46-75, 22-55-69. Кулленех 12 сехетпе 18 сехет хушшинче шăнкăравласа калаçма пулать.

Яланхи пекех «Диалог» политклуб ĕçленĕ кун КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕнче **15 сехетрен пуçласа 17 сехетчен** аудиторисенче министерствăсемпе ведомствăсен ответлă работникĕсем ĕççыннисене йышăнаççĕ, консультаци параççĕ.

— **Экологипе санитари тĕлĕшĕнчи лару-тăру ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Иван Илларионович Николаев, Чăваш АССР государство санитари тĕп врачĕ Евгений Федорович Работаев (214-мĕш аудиторире);

— **сывлăха сыхлас ĕç органĕсен ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрĕ Николай Григорьевич **Григорьев** (111-мĕш аудиторире);

— **социаллă пулăшу органĕсен ĕçĕн ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР социаллă пулăшу министрĕ Василий Иванович **Васильев** (124-мĕш аудиторире);

— **пурăнмалли çурт-йĕр законодательствине пурнăçлас, пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх предприятийĕсен ĕçĕпе çыхăннă ыйтусемпе** — Пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăхăн Чăваш территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ Роберт Анатольевич **Ильяной**, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Валерий Петрович **Степанов**, профсоюзсен область совечĕн секретарĕ Валентина Васильевна **Хомскова** (206-мĕш аудиторире);

— **йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисен ĕçĕн ыйтăвĕпе** — халăхан йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ Василий Александрович **Башмиков** (119-мĕш аудиторире);

— **правăна хÿтĕлес тата право йĕркине сыхлас ыйтусемпе** — Чăваш АССР юстици министрĕ Леонид Алексеевич **Жарков**, Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн заместителĕ Михаил Федорович **Киселев** (216-мĕш аудиторире).

Политклуб ĕçне КПСС обкомĕн бюровĕн членĕсем, республикăри партипе совет органĕсене ертсе пыракансем, идеологи, партипе хуçалăх активĕ хутшăнаççĕ.

## Пурте кăмăллă

**ЕЛЧĔК.** Таврари тăхăр яла кăпăшка та тутлă çăкăрпа тивĕçтерет Курнавăшри пекарня. Пĕлтĕр 880 тонна çăкăр, 110 тонна булка хатĕрлесе памалла пулнă, коллектив плана ирттерсе тултарнă.

Пекарньăра ĕçлекенсем пĕçерекен çăкăрпа ял çыннисем кăмăллă. В. Горшков водитель çăкăр-булка изделийĕсене ялсенчи магазинсене вăхăтра леçсе парать.

**В. КРУГЛОВ.**

## Пирĕн официаллă пай

**Чăваш АССРĕн çарĕç комиссарĕ пулма Иван Николаевич ТАНЦЮРА полковника çирĕплетнĕ.**

Вăл 1943 çулхи январĕн 21-мĕшĕнче Винница облаçĕнчи Тульчин районĕнчи Тарасовка ялĕнче çуралнă. Украинец, КПСС членĕ. Аслă пĕлÿ илнĕ: Харьковри танксен гварди училищине тата бронетанковăй çарсен Совет Союзĕн Маршалĕ Р. Я. Малиновский ячĕпе хисепленекен Çар академине пĕтернĕ.

Çар училищине вĕренме кĕриччен И. Н. Танцюра «Криворожжилстрой» трестра монтажникра ĕçленĕ. Училище пĕтернĕ хыççăн Совет Çарĕнче тĕрлĕрен должноçсенче служба тивĕçне пурнăçланă.

# ВĂХĂТ ÇĔНĔЛЛЕ ĔÇЛЕМЕ ХУШАТЬ

*Комсомол область организацийĕн XXXVIII конференцийĕнчен*

## Кĕтнĕ калаçу пулаймарĕ

Конференци икĕ куна пычĕ. Малтанхи кун делегатсем çурçĕрччĕнех хĕрсе калаçрĕç. Тепĕр кунне те конференци вăраха тăсăлчĕ. Кун йĕркинчи кашни ыйтăва темиçе сехет хушши тишкерчĕç. Çĕнетў, уççăнлăх, демократи комсомол пурнăçĕнче те анлăн вăй илсе пырать. Делегатсем хăюллăн, комсомол шăпишĕн пăшăрханса калаçаççĕ. Çав хушăрах комсомола тĕрĕс çултан пăрса яма хăтланакан, унăн совет обществинчи вырăнне тĕрĕс хакламан, партипе комсомол хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме тăрăшман, комсомол авторитечĕ чакса пынишĕн пăшăрханман делегатсем пурри те сисĕнчĕ. Çакна аванах туйса илтĕмĕр: хăшпĕр комсомол комитечĕсем, укçа май килнĕ тăрăх ытларах пухассине малти вырăна хурса, яш-кĕрĕмпе ĕçлеме пăрахнă. Чылай çĕрте пухусем те ирттермеççĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсĕр пуçне, урăх пĕр пуху та пулман организацисем нумай. Хăшпĕр çĕрте комсомолецсем хăйсен секретарьне те... палламаççĕ!

Нумай енĕпе çĕнелле йĕркеленĕ конференци ĕçне. ВЛКСМ обкомĕн тата комсомолăн область организацийĕн составĕсене районсемпе хуласенчи конференцисенче суйланă. ВЛКСМ XXI съездне тата Россия Федерацийĕнчи комсомол организацийĕсен съездне кайма та вырăнсенчех сĕннĕ. Отчетлă доклада «Молодой коммунист» хаçатра пичетлесе кăларнă та, конференцире доклада тепĕр хут илтес темерĕç. Çапах та ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. А. Петров комсомолти ку чухнехи чи çивĕч ыйтусем çинче çур сехет чарăнса тăчĕ.

Ревизи тата мандат комиссийĕсен доклачĕсем хыççăн делегатсем дискусси центрĕсене пухăнчĕç. Сакăр центр уçнă: «Комсомол пулать-и. Анчах мĕнле?», «ВЛКСМăн совет обществинчи вырăнĕпе пĕлтерĕшĕ», «Комсомолти идеологи ĕçĕ», «Комсомол тата экономика ĕçĕ», «Комсомол тата производство», «Вĕренÿ заведенийĕсенчи комсомол», «Комсомол тата пионерсен юхăмĕ», «Комсомол тата укçа-тенкĕ». Икĕ центрĕнче эфир те пулмарĕ. Лайăх шухăшсемех калаçрĕç делегатсем, анчах хăвăрт сапаланса каяççĕ. Темĕнле ыйтăва та хускатаççĕ, пĕтĕмлетсе калани, вăл е ку ыйтăва мĕнле хакласа пĕтĕмлетни курăнсах каймасть. Дискуссисен итогĕсене пĕрлехи ларура пĕтĕмлетрĕç.

Докладсене сўтсе явма пуçласан, вунинĕ сын тухса калаçрĕ те, вăлсем прение вĕçлес тесе кăшкăрни илтĕнчĕ. Конференцие ертсе пыракан...

чен докладра та сахал, çиелтен çеç калаçă.

Ялти комсомол Апат-çимĕç программине пурнăçлас ĕçе мĕнле хутшăнать? Яшсемпе хĕрсен социаллă пурнăç условийĕсене лайăхлатас енĕпе мĕн-мĕн тумалла? Колхозсемпе совхозсенчи комсомол витĕмлĕхне, активлăхĕпе ответлăхне мĕнле майпа ўстермелле? Пĕр сăмахпа каласан, тишкермелли, шухăшламалли, тупăшмалли, сĕнмелли пайтахчĕ. Акă, ялти комсомол организацийĕсен йышĕ пĕчĕкленсех пырать. Экономика енчен вăйлă хуçалăхсенче те йыш сахал. Колхозсемпе совхозсенче вунă сынран пуçласа вăтăр комсомолеца çити çеç шутланакан организацисем нумай. Отчетсенче республикăра 43 аренда коллективĕ йĕркеленĕ пек курăнать. Анчах вĕсемпе ВЛКСМ обкомĕ интересленместпе пĕрех.

ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне пленумра мар, конференцирех суйлама йышăнчĕç. Икĕ кандидат сĕнчĕç. ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне В. Петрова тата Шупашкарти 48-мĕш вăтам шкул учительне В. Шуйкова. Сасăлама 518 бюллетень валеçсе панă. В. Петров 315 сасă, В. Шуйков 149 сасă пухрĕç. Çапла вара, ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма В. Петрова суйларĕç. ВЛКСМ XXI съездне тата Россия Федерацийĕнчи комсомол организацийĕсен съездне кайма делегатсем суйлама районсемпе хуласенчи конференцисенчех сĕнне терĕмĕр. Çакăнпа çеç сырлахман. Кандидатсене «Волжанка» турист комплексне чĕннĕ. Кунта ятарлă комисси вĕсен шухăш-кăмăлне, ĕмĕчĕсене, программисене ыйтса пĕлнĕ. Конференцире те кашни делегатах уйрăммăн пăхса тухрĕç. Тăхăршар çын суйларĕç.

Тата тепĕр сĕнĕлĕх: ВЛКСМ тĕп органĕсене суйлама кандидатсем сĕнме конференцире ирĕк панă. Делегатсем ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн составне суйлама ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне В. А. Петрова, ВЛКСМ Тĕп контроль комиссине суйлама ВЛКСМ Вăрмар райкомĕн пĕрремĕш секретарьне С. Н. Харитонова сĕнчĕç.

## Комсомол малашлăхĕ мĕнле?

Виçĕ çул каялла пулнă иртнĕ конференци комсомолăн область организацийĕн ĕçне çĕнетсе лайăхлатмалли тĕп çул-йĕр палăртнă: комсомол организацийĕсене социаллă пурнăçпа экономика аталанăвне вăйлатма активлă хутшăнтармалла; çамрăк...

комитечĕсен ĕçĕнче çĕнĕлĕхсем нумай. Анчах пурин те мар. Нумайăшĕ кивĕллех ĕçлесе пырать.

Юлашки çулсенче Ленинла комсомол йывăр ларутăрăва кĕрсе ўкнĕ. Ку вăл обществăра пулса иртекен пулăмсенчен те килет, паллах. Авторитет чаксах пырать. Çамрăксем комсомолтан йышлăн тухаççĕ. Акă, пĕлтĕр комсомолăн область организацийĕ 16 пин çын чухлĕ чакнă. Иртнĕ çул 375 организацире пĕр çамрăка та ВЛКСМ ретне илмен. ВЛКСМ ретне кĕрекенсем хушшинче рабочисемпе колхозниксем сахал. Шупашкарти Мускавпа Калинин районĕсенчи хăшпĕр комсомол организацийĕсем районсенчи тата хулари организацисенчен тухасси çинчен пĕлтернĕ. Комсомолра дисциплина самаях хавшанă. Тĕслĕхрен, сичĕ пин комсомолец учетран тухмасăрах ытти çĕре куçса кайнă.

Конференцире комсомолăн шалти ĕçне япăхтарнăшăн ВЛКСМ обкомне самаях ят тиврĕ. Обком сумĕнче темиçе комисси йĕркеленĕ. Пурте пуçарullă пулман. Обком членĕсенчен чылайăшĕ пленумсене те активлă çўремен, пĕрре те тухса каласман. Комсомолăн Ленин районĕнчи, Çĕнĕ Шупашкарпа Канашри хула комитечĕсен ĕçĕнче туса ситерейменни уйрăмах нумай.

ВЛКСМ обкомĕн аппарачĕн ĕç стилне татăклăн сĕнетсе улăштарма сĕнчĕç. Обкомра ĕçлекенсен вырăнĕ — комсомол организацийĕсенче, яшсемпе хĕрсем хушшинче — акă мĕнле пулчĕ сăмах каланă делегатсен тĕп шухăшĕ. Политика ыйтăвĕсемпе ытларах ĕçлемелле. ВЛКСМ комитечĕсене комсомолăн шалти ĕçне тĕпрен сĕнетме пулăшмалла. Халлĕхе çакă çитмест. Лару-тăру йывăррине кура активистсенчен чылайăшĕ аллисене уснă, кĕрешĕве вăйсăрлатнă. Хăшпĕрисем çўлтен мĕн хушасса кĕтеççĕ. Пуçарулăх, активлăх, хăйтĕлленлĕх ăçта вара? ВЛКСМ обкомĕ те комсомол организацийĕсене паянхи пурнăç хушнă пек ертсе пыракан штаб пулса тăрайман.

Пуçарулăх сахалли, тытăннă ĕçе вĕçне ситерме пĕлменни чылай тĕслĕхрен курăнать. Калăпăр, ĕç коллективĕсен совечĕсене суйланă тапхăрта комсомол мĕн пулса иртнине пăхса çеç тăнă. Çапла вара комсомолецсемпе çамрăксем ĕç коллективĕсен совечĕсене питĕ сахал ленĕ.

Йывăр лару-тăруран мĕнле тухмалла-ха? Комсомол комитечĕсен ĕçне мĕнле майпа сĕнетсе лайăхлатмалла? Хальхи обществăра комсомол кирлĕ-и? Паянхи комсомол обществăпа политика организацийĕ е демократиллĕ юхăм? Конференцире яшсемпе хĕрсене хумхантаракан чылай ыйту тавра хĕрў калаçу пулса иртрĕ. Делегатсем ВЛКСМ Уставĕпе Программине...

нистсен партийĕпе, Советсемпе, общество организацийĕсемпе тата государство органĕсемпе килĕштерсе ĕçлемелли платформа уçса памалла. Комсомол хăй тĕллĕн ĕçлекен политика вăйĕ пултăр. Коммунистсен партийĕпе пĕртанлăх, юлташлăх, пĕр-пĕрне пулăшас никĕс çинче çыхăнса тăтăр.

## Тачă çыхăну кирлĕ

Отчетлă тапхăрта комсомол организацийĕсенче партипе комсомол хушшинчи çыхăну пирки çивĕч дискусси пынă. Çак тавлашу конференцире те тăсăлчĕ. Пĕрисем комсомол уйрăм организаци пулмалла, ăна парти резервĕ тата помощникĕ вырăнне хумалла мар, тесе çирĕплетме пăхрĕç. Теприсем вĕсене хирĕçлерĕç, партипе комсомол хушшинчи çыхăнăва, хутшăнăва вăйлатма, çирĕплетме кирлине палăртрĕç.

— Парти кашни утăмрах вĕрентсе-хушса тăни комсомола такăнтарать çеç, пуçарулăха та аталанма памасть, —терĕ Шупашкарти 48-мĕш шкул учителĕ В. А. Шуйков.

Анчах комсомол хăйтĕлленлĕхĕ партипе тытакан çыхăнăва вăйсăрлатмаллине пĕлтермест. Ку çыхăну аталанмалла. Анчах çав хутшăнусенче çамрăксен çивĕч ыйтăвĕсене юлташла сўтсе явасси, парти политикине пурнăçа кĕртессинче комсомол хăй тĕллĕн çул-йĕр тата майсем суйласа илесси тивĕçлĕ вырăн йышăнтăр.

Конференцире комсомолта ĕçлекен коммунистсем пирки те калаçу пулчĕ. Шел пулин те, халлĕхе вĕсем хăйсен функцийĕсене ăнланма тăрăшмаççĕ. Комсомол комитечĕсене ĕçре пулăшас тесе тăрăшни çитмест. Тепĕр чухне вĕсем комсомол ĕçĕнчи активистсем пулса хут синче çеç шутланса тăраççĕ. Парти органĕсем комсомол ĕçĕ-хĕлĕ çине хакламасăр пăхнине сакă та çирĕплетет. 26 ВЛКСМ райкомĕн пĕрремĕш секретарĕсенчен 12-шне çеç КПСС хула комитечĕпе райкомĕн бюроне суйланă. Юлашки виçĕ çул хушшинче комсомол организацийĕсен секретарĕсем хушшинче коммунистсен йышĕ 33,4 процентран 9,4 процента çити чакнă.

Конференцире КПСС обкомĕн бюро членĕсем комсомол работникĕсемпе тĕлпулусем ирттеринне ырă енчен палăртрĕç. Анчах темшĕн вĕсем комсомолăн область конференцийĕ умĕн çеç пулаççĕ. Кашнинчех ВЛКСМ райкомĕсен пурлăх бази, комсомол работникĕсен пурнăçпа йăла условийĕсем япăххи тата ытти ситменлĕхсем пирки сăмах пырать. Анчах сав ыйтусене татса пама тăрăшни сисĕнмест.

ликăра хăй тĕллĕн ĕçлекен ушкăнсемпе юхăмсем йĕркеленме пуçларĕç. Вĕсен шутне «Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи «Парижская Коммуна», Шупашкарти агрегат заводĕнчи «Левый поворот», Шупашкарти приборсем тăвакан заводри «Гласность» тата ытти политклубсене кĕртме пулать. Хăйсем тĕллĕн ĕçлекен клубсем, ушкăнсемпе юхăмсем çĕнетўпе демократи ыйтăвĕсене хускатнипе çеç лăпланмаççĕ, экологи ĕçне лайăхлатас, наци культурине аталантарас, ĕлĕкрен юлнă ырă йăласене сыхласа хăварас тата ытти енĕпе кĕрешў пуçарнă. Вĕсем суйлав кампанийĕнче те активлăх кăтартаççĕ.

Калас пулать, хăйсен пуçарулăхĕпе, активлăхĕпе вĕсем комсомол организацийĕсенчен ирттереççĕ. Анчах сакăншăн вĕсенчен ютшăнма, пăрăнма кирлĕ-ши? Çук, паллах. Пачах урăхла, хăй тĕллĕн ĕçлекен ушкăнсемпе юхăмсен представителĕсемпе комсомол комитечĕсен алла-аллăн тытăнса ĕçлеме тăрăшмалла, кирлĕ пулсан, пĕр-пĕрне пулăшмалла. Шел пулин те, çакă сисĕнсех каймасть.

## Уçăмлă çул-йĕр палăртмалла

Конференцире, уйрăмах дискусси центрĕсенче, сăмаха кирек мĕн çинчен пуçласан та — производство е экономика, идеологи е пионерсемпе ĕçлесси — юлашкинчен тĕп ыйту патне пырса тухни палăрчĕ. Ку вăл — паянхи пурнăçра комсомолăн, çамрăксен обществăри вырăнĕпе пĕлтерĕшĕ.

— Кирек мĕн тесен те, чи малтан комсомол вăл обществăлла политика организацийĕ, — терĕ Шупашкарти агрегат заводĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕн заместителĕ Ю. А. Иванов. — Шел, ăна ку таранччен политика тĕлĕшĕнчен пысăка хуман. Вăл, ытарлăн каласан, пăравус хыçĕнчен çеç пынă. Тĕрĕссипе вара пачах урăхла пулмалла. Комсомолăн пăравус пуçĕнче пымалла.

Отчетлă тапхăрта республикăра çамрăксен политикине палăртакан «Чăваш республикинчи çамрăклăх» программа хатĕрлеме тытăннă. Анчах çак пысăк ĕçе парти, совет, хуçалăх органĕсем хутшăнасшăн мар-ха, унран аякка пăрăнса юлма тăрăшаççĕ, палăртрĕç конференцире. Паллах, çакна вĕсем хăйсене майлă ăнлантарма тăрăшаççĕ. Пирĕн çĕршывра çамрăксем яланах социализм ырлăхĕпе туллин усă курнă, савăнса та телейлĕ ўснĕ, имĕш,

хирĕçўсене хутшăннине, вĕсенчен хăшĕсем кăмăл-сипет пахалăхĕсене çухатса пынине чару меслечĕсемпе кăна пĕтерме пăхнă, пăхаççĕ те.

Сăмахран, дискотекăсемпе рок музыкăна хирĕç епле анлă кампани пуçланнăччĕ! Анчах çакă нимĕнле усă та памарĕ. Пачах урăхла, çамрăксен тарăхăвне çеç ўстерчĕ. Халĕ видеофильм пăхассине чарса лартасси пирки сăмах пырать. Парти, совет, государство органĕсен шухăшĕпе, ВЛКСМ комитечĕсем çак ĕçе хăйĕн çине илсе тĕрĕс туман. Видеосалонсене хупса лартасси пирки тĕплĕн шутламасăрах решени йышăннă. Анчах çакă комсомола çамрăксемпе ĕçлессине йывăрлатать çеç.

Яш-кĕрĕмĕн çĕршыв политикинчи, государство ĕçĕнчи пĕлтерĕшне ўстересси çинче конференцире Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçат редакторĕ В. Ю. Михайлов та чарăнса тăчĕ.

— Комсомолецсен суйлав умĕнхи позицийĕ, вĕсем суйлава хутшăнни — çамрăксен интересĕсемпе прависене туллин хўтĕлемелли витĕмлĕ май, — терĕ вăл.

Шел пулин те, çак майпа республикăри комсомол организацийĕ кирлĕ пек усă курать теме çук-ха. Çакна СССР халăх депутачĕсене суйлани те лайăх кăтартса панă. Çамрăксенчен виççĕн —В. Финогенов, Л. Валентинов, Ю. Сеткин çеç халăх депутачĕсем пулса тăнă. Çакăнтан комсомол организацийĕсем тивĕçлĕ вывод тумалла пек ĕнтĕ. Çук çав. РСФСР, Чăваш АССР Халăх депутачĕсем тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсем пулма кандидатсем тăратнă кампани, акă, пĕрре те савăнтармасть. Пуçламăш организацисем ĕç коллективĕсенчен кандидатсем тăратнă чухне пуçарулăхпа çаврăнăçулăх кăтартман, çине тăман. ВЛКСМ хула комитечĕсемпе райкомĕсенчен 26-шĕнче кандидатсем тăратас ыйтупа пленумсем пулса иртнĕ. Вĕсенче РСФСР халăх депутачĕсен мандачĕшĕн кĕрешме — 8, Чăваш АССР халăх депутачĕшĕн — 22 çынна çеç сĕннĕ. Тăватă районта — Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Пăрачкав, Сĕнтĕрвăрри районĕсенче Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма кандидат пачах тăратман. Ĕç коллективĕсенчен, халăх пурăнакан вырăнтан кандидата 17 çамрăка çеç тăратнă.

РСФСР Верховнăй Советне суйлама тăратнă кандидата — Елчĕк районĕнчи «Колос» колхозри профком председательне В. Волкова, Чăваш АССР Верховнăй Советне суйлама тăратнă кандидата — Йĕпреç районĕнчи Калинин ячĕпе хисепленекен колхозри комсомол комитечĕн секретарьне Ю. Русскова. Шупашкар хулинчи РСФСР, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕсене, вы-

## Идеологи активĕ валли

Кăçалхи апрельте В. И. Ленин çуралнăранпа 120 çул çитет. Çавна май çынсем юратнă çулпуçăмăр çинчен уйрăмах нумай пĕлесшĕн. Мĕнле çемьере çуралса ўснĕ вăл, ашшĕ-амăшĕ кам пулнă? Пур ачине те революционер туса çитĕнтерме Ульяновсене мĕн пулăшнă? В. И. Ленин çинчен ĕç коллективĕсенче, халăх пурăнакан вырăнта, шкулсенче тата çемьере калаçу ирттернĕ чух идеологи активне «И. Н. Ульянов в воспоминаниях современников» кĕнеке нумай пулăшĕ. Ăна «Советская Россия» издательство кăларнă.

Эпир В. И. Ленин ашшĕ Чĕмпĕр кĕпернинчи халăх училищисен директорĕ пулнине, çавна май ку тăрăхра пурăнакан чăвашсене çутта кăларас тĕлĕшпе пысăк ĕç тунине пурте пĕлетпĕр. Чăваш çыннисене çутта кăларас ĕçе Чĕмпĕр гимназийĕнче вĕренекен Владимир Ульянов та хутшăннă. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн учительне Никифор Охотникова вăл икĕ çул хушши пĕр тўлевсĕр вĕрентнĕ, вăтам пĕлў илме, университета кĕме пулăшнă.

Кĕнекере Ульяновсен çемйин çывăх çыннисен асаилĕвĕсене пичетленĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ Чăваш çĕршывĕнчен е кунта ĕçленĕ. Акă, чăваш халăхĕн просветителĕ И. Я. Яковлев Илья Николаевичпа унăн ывăлĕсем, çав шутра Владимир Ульянов çинчен каласа кăтартни пур. Шкула кайма хатĕрленĕ чух Ульяновсен темиçе ачине те килте вĕрентнĕ В. А. Калашников çавăн çинчен аса илет. Владимир Ульяновпа гимназире пĕр парта хушшинче ларнă М. Ф. Кузнецов пулас çулпуç мĕнле вĕренни çинчен тĕплĕн çырса кăтартнă.

Ульяновсен çемйин Чĕмпĕрти пурнăçне сăнласа панă авторсем хушшинче Чăваш çĕршывĕнче ўснĕ çынсем татах пур. Акă, вĕсенчен паллăраххисем: Улатăрпа Пăрачкав тăрăхĕнче шкулта ĕçлесе, Р. А. Преображенский, А. А. Волков, Ф. С. Кириллов, М. Н. Волкова, К. И. Муравьева ырă ят илнĕ. В. Ф. Кашкаров учитель Шăмăршăра, Комсомольски районĕнчи Аслă Чурачăкри земски училищĕре вĕрентнĕ. Кашниех Ульяновсен çемйине лайăх пĕлнĕ, асаилў çырса хăварнă.

М. ИВАНОВ.

● *Пирĕн консультаци*

# КАНДИДАТ ДОВЕРЕННĂЙĔ

Суйлав çинчен калакан законсенче довереннăйсем çинчен калакан положение чылай анлăлатнă, уйрăм статьясем кĕртнĕ. РСФСР тата Чăваш АССР Халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен калакан законсен 39-мĕш, халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен калакан законăн 38-мĕш статйисенче довереннăйсен полномочийĕсене палăртнă. Халĕ РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă кашни кандидат пилĕк довереннăй, Чăваш АССР халăх депутатне тата вырăнти Совета суйлама тăратнă депутат виçĕ довереннăй таран суйласа илме пултарать.

Законпа палăртнă тăрăх, довереннăйсем кандидата суйлав умĕнхи кампание ирттерме пулăшмалла. Вĕсен ункшăн агитаци тума, кандидат хăй çўтшăнмасăрах государствăпа общество органĕсенче, суйлав комиссийĕсенче тата суйлавçăсен пухăвĕсенче унăн интересĕсене хўтĕлеме право пур. Довереннăйсен тĕп задачи — кандидатăн политикăри, ĕçри тата нравственность тĕлĕшĕнчи пахалăхĕсемпе суйлавçăсене паллаштарасси. Пал-

пулсан, довереннăйсене депутата суйлама тăратнă кандидатсем хăйсем суйласа илеççĕ, округри суйлав комиссийĕсем регистрацилеççĕ. Кунсăр пуçне, довереннăйсем депутата суйланма баллотировкăна тăнă кандидат округĕнчи суйлав комиссийĕсенче пулма пултараймаççĕ.

Кандидатăн порученийĕсене довереннăйсем массăллă информаци хатĕрĕсем урлă тата суйлавçăсемпе тĕл пулнă чухне пурнăçлаççĕ. Урамсенче, площадьсенче агитаци тунă чухне транспорта, суран çынсене утса çўреме чăрмантармалла мар. Депутат мандачĕшĕн кĕрешме тĕрлĕ майсем пур. Плакатсемпе усă курма пулать, ĕç программине сырса листовкăсем хатĕрлеме ирĕк панă. Анчах вĕсене пичетлеме предприятисемпе организацисен, учрежденисен хăвачĕпе, укçи-тенкипе усă курма юрамасть. Пытарар мар, иртнĕ суйлавра та, хальхинче те çакăн пек тĕслĕхсем пулчĕç. Кашни кандидат пĕр пек условисенче депутат мандачĕшĕн кĕрештĕр.

Паллă ĕнтĕ, уйчченхи законсем сасăлав пўлĕмĕнче агитаци тума чарачĕç. Çĕнĕ законсем çак требование ан-

совет общественнăçи вырăне пĕлтерĕшĕ», «Комсомолти идеологи ĕçĕ», «Комсомол тата экономика ĕçĕ», «Комсомол тата производство», «Вĕренÿ заведенийĕнчи комсомол», «Комсомол тата пионерсен юхăмĕ», «Комсомол тата укçа-тенкĕ». Икĕ центрĕнче эпир те пултăмăр. Лайăх шухăшсемех каласçĕ делегатсем, анчах хăйсен сапаланса кайрĕç, тĕмĕнле ыйтăва та хускатаççĕ, пĕтĕмлетсе калани, вăл е ку ыйтăва мĕнле хакласа пĕтĕмлетни курăнсах каймасть. Дискуссисен итогĕсене пĕрлехи ларура пĕтĕмлетрĕç.

Докладсене сÿтсе явма пуçласан, вуникĕ çын тухса каласрĕ те, залран прение вĕçлес тесе кăшкăрни илтĕнчĕ. Конференцие ертсе пыраканĕ тухса каласма çырăннă вăрăм списока вуласа пачĕ: тата çирĕм çын ытла сăмах ыйтать. Памарĕç, прение вĕçлерĕç. Çапла вара, комсомолăн область организацийĕн ĕçне тĕплĕн тишкерсе сÿтсе явни пулмарĕ. Каласмалли вара нумаййччĕ, паллах. Пирĕн шутпа, ялтан килнĕ делегатсем кăмăлсăр юлчĕç. Ялти организацисенче чуна вĕчĕрхентерекен, тарăхтаракан, татса паман ыйтусем мĕн чухлĕ! Ялти комсомол организацийĕсем çин-

ВЛКСМ Вăрнар райкомĕн пĕрремĕш секретарьне С. Н. Харитонова сĕнчĕç.

## Комсомол малашлăхĕ мĕнле?

Виçĕ çул каялла пулса иртнĕ конференци комсомолăн область организацийĕн ĕçне çĕнетсе лайăхлатмалли тĕп çул-йĕр палăртнă: комсомол организацийĕсене социаллă пурнăçпа экономика аталанăвне вăйлатма активлă хутшăнтармалла; çамрăксене хăй тĕллĕн пурăнма тата ĕçлеме хатĕрлессине тĕпрен лайăхлатас тĕллевпе комсомолпа пионер организацийĕсен кĕрешÿри пултарулăхне ÿстермелле; çамрăксене идейăпа политика тата нравственность тĕлĕшĕнчен воспитани панин витĕмлĕхне вăйлатмалла; комсомол организацийĕсене политикăпа организаци енчен малалла çирĕплетсе, комсомол комитечĕсен ĕç стилĕпе меслечĕсене çĕнетсе пымалла.

Ку енĕпе хăшпĕр ĕçсем туса ирттернĕ. Комсомол танна ĕçе вĕсене ситерме пĕлменни чылай тĕслĕхрен курăнать. Калăпăр, ĕç коллективĕсен совечĕсене суйланă тапхăрта комсомол мĕн пулса иртнине пăхса çеç тăнă. Çапла вара комсомолецсемпе çамрăксем ĕç коллективĕсен совечĕсене питĕ сахал лекнĕ.

Йывăр лару-тăруран мĕнле тухмалла-ха? Комсомол комитечĕсен ĕçне мĕнле майпа çĕнетсе лайăхлатмалла? Хальхи обществăра комсомол кирлĕ-и? Паянхи комсомол обществăпа политика организацийĕ е демократиллĕ юхăм? Конференцире яшсемпе хĕрсене хумхантаракан чылай ыйту тавра хĕрÿ каласу пулса иртрĕ. Делегатсем ВЛКСМ Уставĕпе Программине улшăнусем кĕртес пирки сивĕч ыйтусем хускатрĕç. Чăн та, комсомолăн чунĕ капланса çитнĕ, тейĕн. Сăлтавĕсем те пур çав. ВЛКСМ Программине, акă, 1936 султа, комсомолăн Х съездĕнче йышăннă. Унтанпа ăна пăхса тухман, улăштарман, çĕнетмен.

ВЛКСМ Программине çĕнетсе лайăхлатмалли паха сĕнÿсем нумай пачĕç. Программăра, пĕр енчен, ВЛКСМăн организацилле хăйтĕлленлĕхне çирĕплетесси синчен палăртса хăвармалла, тепĕр енчен, Коммунистсен партийĕн политики енĕпе çес КПСС хула комитечĕпе райкомĕн бюрони суйланă. Юлашки виçĕ çул хушшинче комсомол организацийĕсен секретарĕсем хушшинче коммунистсен йышĕ 33,4 процентран 9,4 процента çити чакнă.

Конференцире КПСС обкомĕн бюро членĕсем комсомол работникĕсемпе тĕлпулусем ирттернине ырă енчен палăртрĕç. Анчах темшĕн вĕсем комсомолăн область конференцийĕ умĕн сес пулаççĕ. Кашнинчех ВЛКСМ райкомĕсен пурлăх бази, комсомол работникĕсен пурнăçпа йăла условийĕсем япăххи тата ытти ситменлĕхсем пирки сăмах пырать. Анчах сав ыйтусене татса пама тăрăшни сисĕнмест.

Конференцире сĕнÿ пачĕç: парти органĕсем савăн пек тĕлпулусене комсомолецсемпе вырăнсенче — ĕç коллективĕсенче, фермăсенче, студентсен общежитийĕсенче те ирттермелле.

— Çамрăксен сивĕч ыйтăвĕсене комсомол хăй тĕллĕн çеç татса параймĕ. Унăн ытти общество организацийĕсемпе те, тĕрлĕ юхăмсемпе те сыхăнса ĕçлемелле, — терĕ конференцире Релестроенин Пĕтĕм Союзри наука тĕпчев институчĕн инженерĕ О. Ю. Петров.

Юлашки вăхăтра республика политика тĕлĕшĕнчен пысăка хуман. Вăл, ытарлăн каласан, пăравус хысĕнчи çеç пынă. Тĕрĕссипе вара пачах урăхла пулмалла. Комсомолăн пăравус пуçĕнче пымалла.

Отчетлă тапхăрта республикăра çамрăксен политикине палăртакан «Чăваш республикинчи çамрăклăх» программа хатĕрлеме тытăннă. Анчах çак пысăк ĕçе парти, совет, хуçалăх органĕсем хутшăнасшăн мар-ха, унран аякка пăрăнса юлма тăрăшаççĕ, палăртрĕç конференцире. Паллах, сакна вĕсем хăйсене майлă ăнлантарма тăрăшаççĕ. Пирĕн çĕршывра çамрăксем яланах социализм ырлăхĕпе туллин усă курнă, савăнса та телейлĕ ÿснĕ, имĕш. Яш-кĕрĕм хушшинче хăшпĕр кăлтăксене вара пур чухне те комсомол е шкул воспитани ĕçне тивĕçлипе туса пыманни сине çеç йăвантарнă. Командăллă-административлă система вăхăтĕнче йĕркеленнĕ çак шухăш-кăмăл паян та малта тăрать. Ертсе пыракан органсем яшкĕрĕм пурнăçне пĕтĕмĕшле ăнланса илме, тишкерме тата ăна лайăхлатас тесе тивĕçлĕ майсем шырама тăрăшмаççĕ, тÿрех «мерăсем йышăнма» васкаççĕ. Акă, сул ситменнисен ушкăнĕсем пĕр-пĕрнине сапăçнине, яшкĕрĕм нацисем хушшинчи çапăçса çес сĕнне. Тăватă районта — Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Пăрачкав, Сĕнтĕрвăрри районĕсенче Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма кандидат пачах тăратман. Ĕç коллективĕсенчен, халăх пурăнакан вырăнтан кандидата 17 çамрăка çеç тăратнă.

РСФСР Верховнăй Советне суйлама тăратнă кандидата — Елчĕк районĕнчи «Колос» колхозри профком председательне В. Волкова, Чăваш АССР Верховнăй Советне суйлама тăратнă кандидата — Йĕпреç районĕнчи Калинин ячĕпе хисепленекен колхозри комсомол комитечĕн секретарьне Ю. Русскова. Шупашкар хулинчи РСФСР, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕсене, вырăнти Советсене суйлама тăратнă комсомолецсемпе çамрăксен пĕр ушкăнĕ чĕнсе калани синчен каласа парасшăн пулнă Г. Ладина конференци делегачĕсем, вĕсем трибуна умне тухсан, итлесшĕн пулмарĕç, чарса лартрĕç. Яш-кĕрĕм пурнăçне чăннипех лайăхлатас ыйту делегатсене хумхантармасть пекех туйăнчĕ. Ара, пулас депутатсен программинче шăпах çамрăксен шăпишĕн пăшăрханни тĕп вырăнта тăрать-çке.

А. КРЫСИН,
К. ПОРТНОВ.



Ÿкерчĕксем çинче: делегатсем конференци вăхăтĕнче.

Ю. ДМИТРИЕВ фотоÿкерчĕкĕсем.

## ЧĂН-ЧĂН КОММУНИСТ

Коммунистсем ялта хисеплĕ, сумлă çынсем. Вĕсем умра тăракан задачăсене пурнăçлама нумай тăрăшаççĕ. Хăйсене йĕркеллĕ тытаççĕ, партире тăманнисене ырă тĕслĕх кăтартаççĕ. И. Черков, В. Айдаров, И. Воробьев коммунистсене уйрăмах ырăпа асăнмалла.

Пирĕн Аманик ялĕнче, акă, Павел Иванович Ларионов пурăнать. Вăрçă ветеранĕ, ватă коммунист. Унпа час-часах курса калаçатăп, ырă канашсем парать вăл. Кăмăллă çын. Пурнăç опычĕ пысăк унăн, хуртхăмăр усрать. Ĕçсĕр ларма юратмасть пенсионер. Нумай вулать.

Чăн-чăн коммунистсем ĕçлекен çĕрте пысăк ÿсĕмсем пулаççĕ, çĕнетÿ çулĕпе пыраççĕ. Анчах пур çĕрте те апла марçке. Пĕр вырăнта тапăртатса тăракан колхозсемпе совхозсем те пур-ха. Уй-хирти тырпул тухăçĕ те ÿсни çук, фермăра та япăх ĕçлеççĕ. Шухăшлатăн: парторганизаци те пур, мĕншĕн ÿсĕм çук?

Манăн чăн-чăн ленинецсене курас килет. Чăн-чăн коммунист-шанчăклă юлташ та, ĕç организаторĕ те, хаклă тăван та.

И. МИРОНОВ.
Куславкка районĕнчи «Волга» совхозри рабочи.

## Заводри акционерсем

Шупашкарти «Стройкерамика» заводри акционерсен юлташлăхĕ коллективăн социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса пама пулăшать.

Пĕлтĕр предприяти аренда йĕркипе ĕçлеме тытăннă. Çавăнпа кашни цехпа службăрах укçа-тенке, пурлăх ресурсĕсене перекетлес ыйтăва тĕп вырăна хунă. Унсăрăн производство хăвачĕсене, строительство материалĕсем туса кăларассине ÿстерме, рабочисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатма май килмест. Çавăн чухнех тепĕр сĕнÿ çуралнă: мĕншĕн-ха заводра ĕçлекенсен акционерла юлташлăха йĕркелес мар, перекетленĕ укçана пĕрлештерсен, сахал мар ырă ĕç тума май килĕ.

— Сĕнĕве нумайăшĕ ырларĕç, — тет заводри акционерсен юлташлăхĕн председателĕ, цех начальникĕ В. Моисеев. — Халĕ 47 çыннăн 106 пин тенкĕлĕх акцисем пур ĕнтĕ. Эпир çак укçа-тенкĕ ытларах усă кÿтĕр тесе тăрăшатпăр.

Акционерсен укçи-тенкипе пурăнмалли çуртсем тунă çĕрте анлă усă кураççĕ. Завод уйрăм çемьесем пурăнмалли 150 çурт лартма палăртать. Малтанхи çуртсем валли укçа уйăрса панă ĕнтĕ. Вĕсене лартма ятарласа кооператив йĕркеленĕ. Акционерсем пулăшнипех хушма хуçалăха пысăклатаççĕ. Унта 100 сысна самăртмалли ферма, теплица, аш-какайран продукци хатĕрлекен цех уçма палăртнă.

А. НИКОЛАЕВ.

ратнă кашни кандидат пилĕк довереннăй. Чăваш АССР халăх депутатне тата вырăнти Совета суйлама тăратнă депутат виçĕ довереннăй таран суйласа илме пултарать.

Законпа палăртнă тăрăх, доверенăйсем кандидата суйлав умĕнхи кампание ирттерме пулăшмалла. Вĕсен уншăн агитаци тума, кандидат хăй хутшăнмасăрах государствăпа общество органĕсенче, суйлав комиссийĕсенче тата суйлавçăсен пухăвĕсенче унăн интересĕсене хÿтĕлеме право пур. Доверенăйсен тĕп задачи — кандидатăн политикăри, ĕçри тата нравственность тĕлĕшĕнчи пахалăхĕсемпе суйлавçăсене паллаштарасси. Паллă ĕнтĕ, законпа пухусенче, пичетре, телевиденипе тата радиопа альтернативлă кандидата хирĕç агитаци тума чарман. Анчах та сакна сынсен хушшинчи харпăр хăйне тыткаламалли нормăна пăсмасăр, хăйпе тупăшакан çыннăн чысĕпе тивĕçлĕхне пĕтермесĕр, унăн пурнăçне тĕкĕнмесĕр туса пымалла. Суйлав синчен калакан нормативлă актсенче кандидатсем хăйсен тивĕçсĕр ĕçĕсемшĕн ответ тытмаллине çеç мар, вĕсем хăйсен доверенăйĕсем пирки те ответлă пулса тăнине палăртнă. Çавăн пек ĕçсем тусан, округри суйлав комиссийĕ ăна малтан асăрхаттарать, иккĕмĕш хут хăйе унăн доверенăйĕ йĕркене пăссан, тивĕçлĕ суйлав комиссийĕ ăна регистрацилени синчен йышăннă решение пăрахăçлама пултарать. Савăн пек пулса тухсан, кандидат суйлавччен кирек хăш вăхăтра та çĕнĕ доверенăйсем суйласа илме тивĕçлĕ.

Хальхи вăхăтра доверенăйсенчен чылайăшĕ хăйсен ĕçне активлă тытăнчĕç. Вĕсен йышĕнче рабочисемпе колхозниксем, партипе совет, наука работникĕсем, хуçалăх руководителĕсем, юристсемпе журналистсем. 179-мĕш Кÿкеç суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă Р. И. Егорова, «Пахa тĕрĕ» пĕрлешÿри çĕвĕç-мотористка хăйĕн доверенăйĕсем пулма тĕрлĕ ĕçри çынсене пуxнă: художник та, профком председателĕ те пур.

Суйлав законĕсене çĕнĕлĕхсем кĕртни депутат мандачĕшĕн кĕрешекенсемшĕн тĕрлĕ майпа агитаци тума май парать. Ĕç коллективĕсем, обществăлла организацисем, ятарлă вăтам тата аслă пĕлÿ паракан вĕренÿ заведенийĕсен ĕç коллективĕсем, халăх пурăнакан вырăнти суйлавçăсем пурте суйлав умĕнхи агитацие хутшăнма пултараççĕ. Çак ĕçрен пуçарулла ушкăнсен, агитаторсемпе пропагандистсен те аякра тăмалла мар.

Доверенăйпа агитатор хушшинче мĕнле уйрăмлăх пур-ха? Ĕçне пăхсан, пысăк улшăну çук. Уйрăмлăхĕ суйласа илнипе çирĕплетнинче çеç. Агитаторсене ĕç коллективĕсенче, обществăлла организацисенче çирĕплетеççĕ интересем урлă тата суйлавçăсемпе тĕл пулнă чухне пурнăçлаççĕ. Урамсенче, площадьсенче агитаци тунă чухне транспорта, сурансене утса çÿреме чăрмантармалла мар. Депутат мандачĕшĕн кĕрешме тĕрлĕ майсем пур. Плакатсемпе усă курма пулать, ĕç программине сырса листовкăсем хатĕрлеме ирĕк панă. Анчах вĕсене пичетлеме предприятисемпе организацисен, учрежденисен хăвачĕпе, укçи-тенкипе усă курма юрамасть. Ытарап мар, иртне суйлавра та, хальхинче те çакăн пек тĕслĕхсем пулчĕç. Кашни кандидат пĕр пек условисенче депутат мандачĕшĕн кĕрешĕтĕр.

Паллă ĕнтĕ, уйччĕнхи законсем сасăлав пÿлĕмĕнче агитаци тума чаратчĕç. Çĕнĕ законсем çак требование аннулятрĕç. Халĕ сасăлав кунĕнче агитаци тума пачах юрамасть: урамра та, хваттерте те, сасăламалли пÿлĕмре те, курăнакан агитаци хатĕрĕсемпе те.

Депутата суйлама тăратнă кандидат ыйтнипе доверенăйсене суйлав умĕнхи пухусене хутшăнма производствăпа служба ĕçĕсенчен хăтараççĕ. Кунта çакна асра тытмалла: законпа РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕсене, хула (республикăна пăхăнакан хула) тата район Советне суйлама тăратнă кандидатсен доверенăйĕсене кăна ĕçрен хăтарма пăхнă. Ытти Советсене суйлама тăратнă кандидатсен доверенăйĕсен ун пек право çук.

Тÿлеççĕ-и доверенăйсене? Суйлавçăсене çак ыйту та интереслентерме тивĕç. Суйлав кампанине ирттерессипе çыхăннă тăкаксен сметинче вĕсене ĕç укçи, командировкăра пулнăшăн тÿлеме пăхнă. Ăна государство суйлав ирттерме уйăракан укçатенкĕ шутĕнчен параççĕ. Хăйсен полномочийĕсене пурнăçласа, доверенăйсем суйлав округне кĕрекен кирек хăш района та тухса çÿреме пултараççĕ.

Куратпăр ентĕ, законпа доверенăйсене пысăк правăсем панă. Вĕсем суйлав комиссийĕсен ларăвĕсене, çав шутра кандидатсене регистрациленĕ çĕре те, сасăлав умĕн суйлав ещĕкĕсене пломбăланă, суйлав участокĕсенче сасă шутланă, округ тăрăх сасăлав итогĕсене палăртнă çĕре хутшăнма, суйлавпа çыхăннă ытти ларусемпе пухусенче пулма пултараççĕ. Кун пек чухне вĕсен суйлав комиссийĕн ĕçне хутшăнма право çук.

Суйлав умĕнхи кĕрешÿ çивĕчленсех пырать. Çакна шанса тăрас килет: доверенăйсем пулăшнипе государство влаçĕн органĕсене халăхăн чи шанчăклă представителĕсене — хăйсен гражданла тивĕçне лайăх ăнланакан, ĕçпе политикăра палăрса тăракан, хăйсен шухăшĕ çинче çирĕп тăракан çынсене суйласа ярĕç.

А. УХТИЯРОВ,
Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн инструкторĕ.

# Парти енчен тӳрре кăларнă

**КПСС обкомĕн 30—40-мĕш çулсенче тата 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнче тасаран айăпланă коммунистсене парти енчен тӳрре кăларас ыйтупа материалсем хатĕрлекен тата пăхса тухакан комиссийĕ черетлĕ ларура политика сăлтавĕсемпе судпа айăпланă тата партирен кăларнă И. Н. Никифорова, Д. Т. Павлова, О. Т. Ракчеева, С. С. Степанова тӳрре кăларассипе çыхăннă материалсене пăхса тухнă.**

**Документлă материалсене тишкерсе, çӳлерех асăннă çынсене партирен сăлтавсăрах кăларнине, сăлтавсăрах хĕсĕрленине палăртнă. Çав çынсене пурне те суд тӳрре кăларнă. Комисси КПСС обкомĕн бюровне çӳлерех асăннă çынсене парти енчен тӳрре кăларма сĕннĕ.**

КПСС обкомĕн бюровĕ 1990 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче йышăннă решени тăрăх çаксене вилнĕ хыççăн парти енчен тӳрре кăларнă:

Иван Никифорович **Никифорова.** 1908 çулта Чăваш АССРĕн Вăрмар районĕнчи Çĕнĕ Кавал ялĕнче вăтам хресчен çемйинче çуралнă. Чăваш. Вăтам пĕлӳ илнĕ. 1929 çултан пуçласа 1938 çулхи декабрьччен ВКП(б) членĕ пулнă. Ăна хирĕç ĕç пуçарнă вăхăтра ВЛКСМ Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕнче ĕçленĕ.

ВКП(б) Чăваш обкомĕн бюровĕ 1938 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх И. Н. Никифорова парти обкомĕн бюровĕн членĕн кандидатĕнчен тата пленум членĕнчен кăларнă, «выранти çĕршыва тĕпчекен буржуалла-националистла общество членĕ пулнăшăн», маларах ВЛКСМ обкомĕн секретарĕсем пулса ĕçленĕ «халăх тăшманĕсене» Сымокинпа Терентьева хӳтĕленĕшĕн, вĕсене пăсăлса кайнăшăн, «ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн представителĕ Мишакова «халăх тăшманĕсене» тăрă шыв çине кăларас тĕлĕшпе тытса пынă большевикла тĕрĕс çул-йĕре хирĕç кĕрешнĕшĕн, комсомол организацийĕсем чугун çулăн Канашпа Шупашкар хушшинчи юпапине тума хутшăнас тĕлĕшпе правительство тата парти обкомĕ йышăннă директивăсене пурнăçа кĕртме чăрмантарнăшăн» ВКП(б) ретĕнчен кăларнă.

Никифоров 1929 çултан пуçласа 1936 çулхи февральччен — комсомол ĕçĕнче, унтан парти ĕçĕнче пулнă. 1937 çулхи октябрьте ăна ВЛКСМ Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарьне суйланă, çулталăкран ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ йышăннă решени тăрăх ăна «йăлара пăсăлса кайнăшăн тата «халăх тăшманĕсене» хӳтĕленĕшĕн» çак ĕçрен кăларнă. Çак сăлтавпа уçă курса, ăна хĕсĕрлеме пуçланă: 1939 çулхи февралĕн 3-мĕшĕнче арестленĕ, СССР НКВД çумĕнчи Уйрăм йышши канашлу 1941 çулхи сентябрĕн 16-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх «самăрксем хушшинче сăлтăмри троцкистла террорла организацие активлă хутшăннăшăн» судпа айăпласа 5 çуллăха тĕрмене хупнă.

Персональнăй ĕç материалĕсене тата ытти документсене тишкерни кăтартса панă тăрăх, И. Н. Никифоров националистла формированийсенче тăман. Çав тапхăрта хĕсĕрленĕ Сымокинпа Терентьева суд тата парти енчен тӳрре кăларнă. Никифоров ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн представителĕн Мишаковăн ĕçĕсене тĕрĕс критикленĕ. Чугун çул юпине тăвас ĕçре те унăн ...

умĕн членне суйланă. И. Н. Никифоров 1943 çулта СССР НКВДĕн Усоль лагерĕнче вилнĕ.

Дмитрий Трофимович **Павлова.** 1903 çулта Чăваш АССРĕн Çĕрпӳ районĕнчи Кайрикас ялĕнче вăтам хресчен çемйинче çуралнă. Чăваш. Аслă пĕлӳ илнĕ. Ун пирки ĕç пуçарнă самантра вăл Чăваш АССР Çĕрĕç Халăх Комиссариачĕн Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçлекен управленийĕн начальникĕн ĕçĕсене вăхăтлăха туса пынă. Унччен малтан управленин аслă зоотехникĕнче ĕçленĕ.

Чăваш АССР Çĕрĕç Халăх Комиссариатĕнчи пуçламăш парторганизаци 1937 çулхи сентябрĕн 28-мĕшĕнче йышăннă постановленире çапла çырса хунă: «Çĕрĕç Халăх Комиссариачĕн Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçлекен управление ертсе пырас ĕçре политикăлла сыхăлăха çухатнăшăн, «халăх тăшманне» Спиридонова республикăра ăратлă выльăх ĕрчетес ĕçре сăтăр тума пулăшнăшăн Д. Т. Павлова ВКП(б) ретĕнчен кăларас». Çав постановление ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн бюровĕ 1937 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕнче çирĕплетнĕ.

1937 çулхи октябрĕн 6-мĕшĕнче Чăваш АССР НКВД органĕсем Д. Т. Павлова, «контрреволюцилле сăтарлă организацие хутшăнса Чăваш АССРĕнче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине тата выльăх апачĕ туса илессине сăтарлă тĕллевсемпе планласа, çавăн пекех ăратлă выльăх вăхăтра кӳрсе килмесĕр Чăваш АССРĕнче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе сăтарлă ĕçсем тунăшăн, çавна май социализмла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине аталантарма чарса тăнăшăн» айăпласа арестленĕ. Д. Т. Павлова, вăл зоотехника службин главнăй специалисчĕ пулнă май, тăрă шыв çине кăларнă «халăх тăшманĕн» — çĕрĕç халăх комиссарĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçленĕ заместителĕ пулнă Спиридоновăн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри сăтарлă ĕçĕсене маларах асăрхама пултараймăннăшăн, Спиридоновпа çыхăну тытнăшăн; «ун патне кайна çӳренĕшĕн», унăн ĕçне ырланăшăн айăпланă.

Д. Т. Павлов Улатăрти ИТК больницинче вилсе кайнă пирки Чăваш АССР НКВДн 1940 çулхи июлĕн 10-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх унăн ĕçне чарса лартнă. Çав постановление РСФСР Прокуратури 1956 çулхи февралĕн 3-мĕшĕнче пăрахăçланă, Павлов ĕçĕсенче вăл преступлени туни палăрă пулман пирки ĕçе чарса лартнă.

Онуфрий Тихонович **Ракчеева.** 1908 çулта ...

хӳтĕлемен.

Ракчеев совет хаçат-журналĕсем иртнĕ вăхăтра — Ленинпа Троцкий çинчен, халĕ вара Сталин çинчен нумай çыраççĕ тесе критиклесе каланисем те сиенлĕ шухăшлă пулман. Апла пулин те, Ракчеевăн çак шухăшĕсем пирки йăнăш ăнлантарнă, çав шухăшсене «троцкизма уççăнах пропагандăлани», «парти çулпуçĕн ятне яни» вырăнне хунă. Çавăншăн айăпланă та ăна: 1936 çулхи июлĕн 5-мĕшĕнче О. Т. Ракчеева арестленĕ, СССР НКВД çумĕнчи Уйрăм йышши канашлу 1936 çулхи августăн 5-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх ăна 3 çуллăха тĕрмене хупма приговор йышăннă.

Чăваш АССР Прокуратури 1989 çулхи майăн 10-мĕшĕнче йышăннă тăрăх О. Т. Ракчеева СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «30—40-мĕш çулсенчи тапхăрта тата 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнче хĕсĕрленĕ çынсем тĕлĕшпе тĕрĕслĕх çĕнтермелли çĕнĕ мерăсем çинчен» 1989 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче кăларнă Указпа килĕшӳллĕн судпа айăпран хăтарнă.

О. Т. Ракчеев Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннă. Фронтран таврăнайман. Вăл 1942 çулхи августра хыпарсăр çухалнă шутланать.

Самуил Степанович **Степанова.** 1904 çулта Чăваш АССРĕн Красноармейски районĕнчи Малти Трак ялĕнче вăтам хресчен çемйинче çуралнă. Чăваш. Вăтам пĕлӳ илнĕ. 1928 çултан пуçласа 1937 çулхи октябрьччен ВКП(б) членĕ пулнă. Ун пирки персональнăй ĕç пуçарнă тапхăрта вăл Инçет Хĕвелтухăçĕнчи Хĕрлĕ Ялавлă Уйрăм йышши çарăн стрелковăй дивизийĕнчи рота политрукĕ пулнă.

1937 çулхи октябрĕн 26-мĕшĕнче ОКДВА 92-мĕш стрелковăй дивизийĕнчи Парткомисси С. С. Степанова «халăх тăшманĕсене Каменевпа Зиновьева мухтама хăтланнăшăн, ротăри партилле-политикăлла ĕçе начар ертсе пынăшăн тата 1927 çулта хăй контрреволюцилле троцкистла ушкăна хутшăннине парторганизацирен пытарнăшăн» ВКП(б) членĕнчен кăларнă. Çав решение ОКДВА çарĕсен Приморье ушкăнĕн политпайĕ çумĕнчи Парткомисси 1937 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче çирĕплетнĕ.

Çакна палăртна: 1927—1928 çулсенче Шупашкарти совпартшкулта вĕреннĕ чухне С. С. Степанов Мускаври государство университечĕн сылтăмри факультечĕн практикăна килнĕ студенчĕпе пĕр пӳлĕмре пурăнна. Çав студент троцкистла оппозицие активлă хӳтĕлекенскер пулнă. Степанов коммунист «студент» хăйне мĕнле тыткалани çине нимĕн пек пăхман, ун çинчен шкул руководствине вăхăтра пĕлтермен. Çакăншăн ВКП(б) Шупашкар райкомĕ йышăннă решени тăрăх ăна выговор панă.

1936 çулта Степанов çарта пулнă чухне дивизи парткомиссийĕ Степанова хăй «троцкистла ушкăна хутшăнине пытарнăшăн» çирĕп выговор панă, 1937 çулхи октябрĕн 26-мĕшĕнче ăна çак сăлтавпах ...

# ШĂМАТКУНХИ КАЛАÇУСЕМ

**«ÇУЛ УТАМРАН ПУÇЛАНАТЬ». ÇАПЛА ЯТ ПАНĂ ВĂРНАР РАЙОНĔНЧИ «ÇĔНТЕРӲ ÇУЛĔ» ХАÇАТРИ КОРРЕСПОНДЕНЦИЕ. ИРТНĔ ÇУЛ ПУÇЛАМĂШĔНЧЕ ПИЧЕТЛЕНСЕ ТУХНĂ ВĂЛ. ЭПĔ ВАРА, КУ ХАÇАТА ТЕМИÇЕ ÇУЛ ТИМЛĔ ВУЛАКАНСКЕР, ШĂМАТКУНХИ КАЛАРАМА ЧĂТАМСĂР КĔТЕТĔП. МĔНШĔН ТЕСЕН, КАШНИНЧЕХ МАР ПУЛИН ТЕ, ÇАВ КУН «ШĂМАТКУНХИ КАЛАÇУСЕМ» РУБРИКĂПА АС-ТĂНА ХУСКАТАКАН, ЧУН-ЧĔРЕНЕ ХУМХАНТАРАКАН МАТЕРИАЛСЕМ ПИЧЕТЛЕНЕÇÇĔ. АКĂ, «КУРĔНУ» КОРРЕСПОНДЕНЦИРЕН ИЛНĔ ЙĔРКЕСЕМ: «ХУÇАЛĂХРИ ЧИ ПАЛЛĂ МЕХАНИЗАТОРА ЮЛАШКИ ÇУЛА АСĂТМА ПРАВЛЕНИН, ПАРТКОМĂН, ПРОФКОМĂН, ЯЛ СОВЕТ ĔÇТАВКОМĔН ПĔР ЧЛЕНĔ ТЕ, ЯЛТИ Л. ИЛЬИН БРИГАДИР ТĂ ПУЛИН «ВĂХĂТ ТУПАЙМАН». ПАНТАХ ЧУНСĂРЛĂХА МĔНЛЕ ĂНЛАНМАЛЛА?»**

Хаçат тепĕр корреспонденцире çак çивĕч ыйту çине хăех ответ парать: «Чунлă-чĕре те ятлă-шывлă çынсемпе мар, хушăматсемпе, цифрăсемпе, сводкăсемпе «ĕçлетпĕр», ытларах хӳрешкере сĕнкĕлтететпĕр, хыççăнхи мероприятисемпе киленетпĕр. Çапла, пурăнакан-ĕçлекен çынна курма-хаклама манатпăр пулсан, вăл пирентен уйрăлсан, ăна чысне тивĕç сăмах калама ӳркенетпĕр. Пирĕн пурнăç ыйтнипе, этемлĕх нравственноçĕпе килĕшсе тăрать-и ку?» Чăнах та çакăн пек шухăшсем патне çитетĕн «шăматкунхи калаçусене» итлене-вуланă хыççăн.

Шутласа пăхмарăм, миçе номерте «çутта тухнă» вĕсем. Анчах çав вăрăм çулăн пĕрремĕш утăмĕ асрах-ха. 1987 çулхи августăн 15-мĕшĕнче «Анонимка. Хăçанччен?» ятпа хаçат редакторĕ М. Васильев çырнă корреспонденцирен пуçланчĕ вăл. Редакци ĕçĕн текĕрĕ — кулленхи почта. Журналистсен сĕтелĕ çине кашни кун çырусем пырса выртаççĕ. Вĕсен шучĕ хаçат ку е вăл ыйтăва мĕнле сутатнинчен, унăн хăюлăхĕнчен е именчĕклĕхĕнчен, урăхла каласан, унăн позицийĕнчен килет. «Çĕнтерӳ çулĕ» — çĕнетĕве пĕрремĕш кунтан ырласа йышăннă, ăна туптассишĕн кĕрешекен хаçат. Асăннă корреспонденцие ун редакторĕ анонимлă авторсене питлеме мар (халĕ вĕсен çырăвĕсене пурпĕрех шута илмеççĕ), вулакансене хăюллăнрах, ĕçлĕрех пулма чĕнсе çырнă. «Çĕнетӳ тапхăрĕнче пиренте кашниех активлă та принциплă позици çинче çирĕп тăмалла», — тет вăл. — Хăçанччен çĕнетĕве хутшăнмасăр, калас сăмаха каламасăр тăрăпăр?»

Калас сăмах кашнийĕннех пур. Мĕншĕн тесен çĕнетӳ процесĕ хӳтлĕх те кĕтет. «Руководительсем çĕнетĕве хаçатра сутатасшăн мар», — тесе çырать Д. Андреев вулакан. Ахальтен мар пулĕ М. Васильев «Уçă сăмах» ят панă калаçура пăшăрханать: «Пухусенче лартăп-и, хаçата килекен çырусене вулатăп-и, çаплах-ха тӳрĕ сăмахшăн шикленнине, ăна тăрса калама хăяйманнине, кăштах кăна критика пур çыру çине алă пусма ютшăннине тĕл пулатăп». Мĕншĕн усăнлăх тапхăрĕнче çынсе(м) шикленеççĕ, хăюсăрланаççĕ, ютшăнаççĕ? Вуншар çул вĕсен сассине илтмен, сĕнĕвĕ-канашлăвĕсене шута илмен, ĕмĕтленни-шухăшлани пурнăçланман. Вуншар çул çивĕч сăмахшăн ăна илтекенсем калакансен çăварне хупланă, вĕсене «вырăна лартнă». Аталанусăр тапхăр вăхăтĕнче район руководителĕсем хаçата çăварлăхламан, вĕсем çивĕч материалсене курмăш кăна пулатчĕç. Çавăнпа çын активлăхне çĕклеме, чун-чĕрине уçса пама хатĕр пулма питех те йывăр. Хаçат хăй вулаканĕсемпе уçăмлăн ка-

## ÇĔНЕТӲ ТАТА ПИЧЕТ

ласни, ситменлĕхсене пытарманни, вĕсемшĕн айăплисене ятран асанни вулакансене шăпах активлă позици йышăнма пулăшать.

«Çĕнетӳ вăл — пурнăç,— тесе çырнăччĕ Вăрманкасран З. Михайлова учительница. —Пурнăç вара — кĕрешӳ. Кĕрешӳре вăй туптанать. Мирлĕ пурнăçра та кĕрешӳçĕ пулмалла. Хăвăн телейӳшĕн, чăнлăхшăн, çĕннишĕн кĕрешмелле».

Телей, тĕрĕслĕх, чăнлăх, çĕнни — çакă пĕтĕмпех çыншăн, этемшĕн. Коммунистсен партийĕ те экономикăпа социаллă пурнăçа çĕнĕлле аталантарассине этем ырлăхĕшĕн пуçарса ячĕ. Хаçат çакна асра тытать. Вăл чи малтан ĕççыннине пур енлĕн кăтартма тăрăшать, ĕçчене ырлать, наяна ятлать. «Ĕç! Акă мĕн этеме çын ĕретне çĕклет. Унтан аслăрах та аслăрах воспитатель çук»,— тенĕ пĕр корреспонденцире. Теприкче вара А. Курсов вулакан мĕн çырать: «Ялта халь май таран ĕç. Услапнаянсемпе эрех-пăрака миньретинсене çак ответлă вăхăтра камăн чармалла? Вĕсем йĕркеллĕ пурăнакансемпе маттур ĕçлекенсене чăрмантараççĕ çеç мар, вĕсем пĕтĕмĕшле сывлăшпа лару-тăрăва та пăсаççĕ-çке!»

Сывлăшпа кахал-наянсем кăна мар, пĕрре пăхсан, ырă ĕç тăвакансем пек курăнакансем те хăйсен чунсăрлăхĕпе пăсаççĕ. Акă, мĕн çырать хаçат: «Ашпа сĕт планĕ султан сулах тулса пырать. Председателе чыс та хисеп. Кула-кула сӳрет вăл. Çав вăхăтрах фермисене резина атăсăр пырса кĕреймĕн». Ку çеç мар-ха. Районта юсавпа техника предприятийĕ пур. Унта ятарласа фермăсене механизацилес енĕпе йĕркеленĕ служба тытаççĕ. Кашни колхозпа совхозра — инженерсемпе механиксем. Çав вырăнсене арсынсем йышăнаççĕ. «Хăшпĕрисен арăмĕсемпе хĕрĕсем, тен, шăпах фермăсенче алă вĕççĕн ĕçлесе тертленеççĕ», —тет хаçат. Ку йĕркесене «Талантсем питĕ кирлĕ!» статьяран илтĕм. Унта «Вурнарский» совхозри Алексей Яковлевич Игнатьев ăстаçă çинчен каласа панă. Вăл хуçалăхри мĕн йышши ĕçе механизацилемен-ши! Ахальтен мар унччен совхоз директорĕ пулнă С. Валерьянов ун пирки «Аллисем ылтăн. Талант!» — тет. Руководительсенчен кашниех çав сăмахсене калаять-и? Игнатьевсем пур çĕрте те пур-и? Талантлă колхозниксемпе рабочисем, вĕсем кăна-и, талантла специалистсемпе руководительсем çĕнетӳ самаине çав тери кирлĕ. «Анчах талант вăл, — палăртать Ульянов ячĕпе хисепленекен колхоз членĕ С. Никифоров, —уйрăм пултарулăх».

Пурччĕ çавăн пек çын Вăрнар çĕрĕ çинче — «Правда» колхоз председателĕ Исаак Федорович Кошкин. Пултарулăхĕ унăн — хресченлĕхречче. Кукуруза «уй-хир шики» тесе, курăксене пĕтермерĕ вăл. Ене выльăха тимĕр-бетон керменсенче мар, ăшă та типĕ йывăç витесенче тытрĕ. Гарантилле тӳлев —вĕсне çитиччен колхозникăн ĕçкунĕ пулчĕ. Хăйтӳлевлĕх, хăйсаплавлăх сăмахсене асăнмастчĕç ун чухне. Колхоз вара, хуçалăх расчечĕн никĕсĕ çинче пурăнса, укçа-тенкĕрен таталман. Шел Исаак Федорович çĕнетӳ тапхăрĕ пуçланиччен пурăнаймарĕ. Унăн пуян опычĕ çинчен хальхи çамрăк руководительсем пĕлсех каймаççĕ, тесе пăшăрханать РСФСР тава тивĕçлĕ зоотехникĕ А. Иванов «Ытлашши хунавсем, пустуй пăтăрмахсем» статьяра. Сăмах кунта аталанусăр тапхăр вăхăтĕнче «çӳлтен» юнаса ситĕнтернĕ хунав çĕнетӳвĕн никĕсĕ пулас çукки çинчен, çĕнĕ çынна, çĕнĕ руководительсене çĕнĕлле — пысăк та хăйтĕллĕнĕлле ĕç шанса воспитани парасси çинчен пырать.

«Шăматкунхи калаçусенче» хаçат çĕнетӳшĕн чăнниех пĕтĕм пултарулăха парса кĕрешекенсем çинчен часчасах асăнать. «Талантсем питĕ кирлĕ!» статья тухнă хыççăн малтан асăннă С. Никифоров çапла çырса янă: «Çĕнетӳ прорабĕ, ман шутпа, чи малтанах коммунист пулма тивĕçлĕ. Анчах эпĕ, район хаçатне вуланă тăрăх, уйрăм пултарулăхпа палăрнисене парторганизацисен секретарĕсем хушшинче те асăрхаймарăм...» Парти ĕçĕ-хĕлĕн паянхи тĕп шухăш-тĕллевĕ çĕнетӳ политикине пурнăçа кĕртесси. Çакна тума талантлă политорганизаторсем, политбоецсем кирлĕ. Пур-и вĕсем районта? Хаçат çырнă тăрăх; ялти парторганизацисен секретарĕсем — пурте тенĕ пекех хуçалăх специалисчĕсем. Вĕсем «сĕт сăваççĕ», «çум çумлаççĕ», председатель е директор хушнипе чупкалаççĕ. Политикăпа идеологи ĕçне тытса пыма вара нумайăшĕ пелеймеççĕ. «Тен, — çырать хаçат, — хуçалăха ертсе пыракансене пурне те идеологие, идеологсене вара пурне те çине тăрса хуçалăхпа экономикăна верентмелле? Талантсене ĕçпе вĕренӳ пĕрлĕхĕ çеç тупса çĕклеме пултарать».

Уксăр А. Иванов: «Камсем эпир? Тара кĕрешнĕ çынсем е предприяти, учреждени, колхоз, совхоз хуçисем?» тесе ыйтнине мĕнле татса паран?

Кам чăрмантарать-ха хуçа пулма? Колхозсемпе совхозсенче отчетсемпе суйлав пухăвĕсен итогĕсене пĕтĕмлетнĕ май хаçат çапла çырать: «...пĕр-ик кăрлаппан тупансан, пухăва вĕсем сехечĕ-сехечĕпе муритлеççĕ, ăна пĕр калаçуран, чи кирлĕ решенирен пăрса-пăтратса яраççĕ».

Çапла, «Çĕнтерӳ çулĕ» хаçат çĕнетĕве анлă çул хывса парас тесе, хăйĕн шăматкунхи калаçăвĕсенче пĕринче çынсемпе канашлать, тепринче тавлашать, виççĕмĕшĕнче тăрахлать. Темшĕн кам каланине çырса хуман эпĕ, анчах çав сăмахсем асран тухмаççĕ: «Ас тĕлĕрсен, ĕç сывăрать». Пирĕн вара халĕ тăвата çул силлесен те вăранманнисем пур. Анчах сывăрманнисен те ăс-тăна çухатма кирлĕ мар.

Темисе кун каялла пĕр редакторпа редакцинчи ĕç-пуç пирки чылай пуплесе лартăмăр. Калаçу пĕрмаях парти райкомĕ çине кĕре-кĕре кайрĕ. Мĕнпур ăнăссăрлăхшăн: хаçатри критикăна асăрхаманшăн та, ун страницисенче çивĕч материалсем çуккишĕн те — тата ыттисемшĕн те райкомпа унăн секретарĕсем айăплă иккен. Палла ĕнтĕ, парти комитечĕн тивĕçĕ — хăйĕн органне политика енчен ертсе пырасси. Редактор тивĕçĕ — парти решенийĕсене пурнăçа кĕртсе пырасси. Хаçат витĕмлĕхĕ, унăн авторитечĕ пĕтĕмпех унăн руководителĕнчен килет. Нимĕн каласси те çук, пирĕн пичет чылай çул хуçи массăсен интересĕсене хӳтĕлекенĕ мар, аппарат хушнипе агитацилекенĕ, пропагандăлаканĕ пулнă. Эпир вара В. И. Ленин пичет коллективлă организатор пулмалли çинчен каланине манатпăр. Халĕ, çĕнетӳ тапхăренче, хаçатăн шăпах çак енĕ питĕ палăрмалла. Манăн юлташăм вара çапла каласа хучĕ: Çунтаратăп-ха эпĕ вĕсене (парти работникĕсене ĕнтĕ — (автор) хаçатра!..»

Тепĕр хут калатăп, коллективлă органăн содержанийĕпе сăнĕ-пичĕ редактор йышăнакан позицирен килет. Шел, юлашки çулсенче уйрăм журналистсем, демократипе уççăнлăх процесне аталантаратпăр тесе, сасартăк хăйсене ертсе пыракан парти комитечĕсемпе хирĕçме кăна мар, кĕрешме те пуçларĕç. Çакна май «Çĕнтерӳ çулĕ» хаçатранах темиçе йĕрке илсе кăтартас килет: «Хăшпĕр чухне чăнлăхпа тĕрĕслĕх тĕшшине демагоги хуплаласа хурать, тавлашу-калаçура эмоци çĕнтерет». Малалла: «Демократи вăл пăтрашу мар, анархи мар, вăл чи малтанах пуринпе те канашласа-ăсласа халăх ирĕкне, халăх влаçне çирĕплетни». Çакă вăл Вăрнар районĕн хаçачĕпе унăн редакторĕн позицийĕ. Партилле, демократилле позици.

«Çĕнтерӳ çулĕ», — терĕ редактор пĕррехинче, — ыра улшăнусемпе вĕсемшĕн хыпса çунакансене те, çĕнетĕве ура хуракансемпе ĕçе чăрмантаракан сăлтавсене те кăтартма тăрăшĕ». Çак позици, çĕнетӳ идейисем халăхра, вулакансем хушшинче майĕпен вăй илсе çирĕпленнине часах редакци почти ĕнентерчĕ. Çынсем ятарласа «Шăматкунхи калаçусем» авторĕ патне çырма пуçларĕç. Çавăн хыççăн хаçат страницисенче унăн вулаканĕсен калаçăвĕсем пичетленме пуçларĕç.

Редактор пусарăвне парти райкомĕнче, чи малтан унăн пĕрремĕш секретарĕ А. И. Кушков асăрханă, шăматкунхи калаçусене — политика урокĕсем тесе хак панă.

Çакна палăртма кăмăллă: хаçат редакторне М. Васильева республикăри Журналистсен союзĕн пленумĕнче Чăваш АССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă.

*В. ВАСИЛЬЕВ,*
*СССР Журналистсен союзĕн членĕ.*

## Т. Живков пирки

СОФИЯ, январĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, Болгари Халăх Республикин Государство совечĕн председателĕ пулнă Т. Живкова ...

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Партие сыхласа хăварас тĕллевпе

## Кавказ леш енчи

ВЛКСМ Центральнăй Комитечě йышăннă решени тăрăх ăна «йăлара пăсăлса кайнăшăн тата «халăх тăшманěсене» хўтěленěшěн» çак ěçрен кăларнă. Çак сăлтавпа усă курса, ăна хěсěрлеме пуçланă: 1939 çулхи февралěн 3-мěшěнче арестленě, СССР НКВД çумěнчи Уйрăм йышши канашлу 1941 çулхи сентябрěн 16-мěшěнче йышăннă постановлени тăрăх «çамрăксем хушшинчи сылтăмри троцкистла террорла организацие активлă хутшăннăшăн» судпа айăпласа 5 çуллăха тěрмене хупнă.

Персональнăй ěç материалěсене тата ытти документсене тишкерни кăтартса панă тăрăх, И. Н. Никифоров националистла формированисенче тăман. Çав тапхăрта хěсěрленě Сымокинпа Терентьева суд тата парти енчен тўрре кăларнă. Никифоров ВЛКСМ Центральнăй Комитечěн представителěн Мишаковăн ěçěсене тěрěс критикленě. Чутуп çул юппине тăвас ěçре те унăн преступникла айăпě пулман. И. Н. Никифорова «йăлара пăсăлнă» тесе, тěплěн тěрěслемен материалсем тăрăх айăпланă.

ВЛКСМ Центральнăй Комитечěн бюровě 1989 çулхи декабрěн 27-мěшěнче йышăннă постановлени тăрăх И. Н. Никифорова айăпран хăтарнă, ăна ВЛКСМ ретěнче çěнěрен çирěплетнě, комсомол билетне унăн тăванěсене асăнса паранма панă. И. Н. Никифорова суд та тўрре кăларнă. Чăваш АССР Верховнăй сучěн Президиумě 1957 çулхи мартăн 6-мěшěнче йышăннă постановлени тăрăх СССР НКВД çумěнчи Уйрăм йышши канашлу И. Н. Никифоров пирки йышăннă постановленине пăрахăçланă. И. Н. Никифоров преступлени туманнине шута илсе, ăна судпа айăпламалли ěçе чарса лартнă.

И. Н. Никифорова ВКП(б) Етěрне тата Вăрнар райкомěсене, ВКП(б) Чăваш обкомěн бюровěн членěн кандидатне тата обком членне, Чăваш АССР Верховнăй Совечěн депутатне тата Чăваш АССР Верховнăй Совечěн Президи... чарса тăпăшан» айăпласа арестленě. Д. Т. Павлова, вăл зоотехника службин главнăй специалисчě пулнă май, тăра шыв çине кăларнă «халăх тăшманěн» — çěрěç халăх комиссарěн выльăх-чěрлěх ěрчетес енěпе ěçленě заместителе пулнă Спиридоновăн выльăх-чěрлěх ěрчетес ěçри сăтарлă ěçěсене маларах асăрхама пултарайманшăн, Спиридоновпа çыхăну тытнăшăн, «ун патне хăнана çўренěшěн», унăн ěçне ырланăшăн айăпланă.

Д. Т. Павлов Улатăрти ИТК больницинче вилсе кайнă пирки Чăваш АССР НКВДн 1940 çулхи июлěн 10-мěшěнче йышăннă постановлени тăрăх унăн ěçне чарса лартнă. Çав постановление РСФСР Прокуратури 1956 çулхи февралěн 3-мěшěнче пăрахăçланă, Павлов ěçěсенче вăл преступлени туни паллă пулман пирки ěçе чарса лартнă.

Онуфрий Тихонович Ракчеева, 1908 çулта Чăваш АССРěн Комсомольски районěнчи Йăвашкел ялěнче ватам хресчен çемйинче çуралнă. Чăваш. Пуçламăш пěлў илнě. 1929 çултан пуçласа 1936 çулхи июльччен ВКП(б) членě пулнă. Ун пирки ěç пуçарнă самантра ВКП(б) Чăваш обкомě çумěнчи марксизм-ленинизмăн облаçри курсěсенче вěреннě. Унччен ВКП(б) Пăрăъел райкомěн парткабинечěн заведующийě пулнă.

1936 çулхи июлěн 4-мěшěнче ВКП(б) Шупашкар хула комитечěн бюровě О. Т. Ракчеева «троцкист» тесе ВКП(б) членěнчен кăларнă.

Персональнăй ěç материалěсене тата ытти документсене тишкерни кăтартса панă тăрăх, О. Т. Ракчеев 1925 çулхипе танлаштарсан ěççыннисен пурнăçěнче йыварлăхсем ўсěе пыни, хресченсене йывăр налог тўлеттермелли политика çинчен, ěç укçи ўсмест пулин те, промышленность таварěсен хакě ўсни çинчен каласнă чухне çак мěнпур йывăрлăхсен сăлтавě пирěн çěршывăн экономика политикинче троцкизм çул-йěрне тытса пыни пулнине палăртнă. Вăл троцкизма ушкăнěн политикине çумěнчи Парткомисси 1937 çулхи декабрěн 10-мěшěнче çирěплетнě.

Çакна палăртнă: 1927—1928 çулсенче Шупашкарти совпартшкулта вěреннě чухне С. С. Степанов Мускаври государство университечěн сылтăмри факультечěн практикăна килнě студенчěпе пěр пўлěмре пурăннă. Çав студент троцкистла оппозицие активлă хўтěлекенсенчен пулнă. Степанов коммунист «студент» хăйне мěнле тытнине çине вирлě пек пăхман, ун çинчен шкул руководствине вăхăтра пěлтермен. Çакăншăн ВКП(б) Шупашкар райкомě йышăннă решени тăрăх ăна выговор панă.

1936 çулта Степанов çарта пулнă чухне дивизи партокомиссийě Степанова хăй «троцкистла ушкăна хутшăннине пытарнăшăн» çирěп выговор панă, 1937 çулхи октябрěн 26-мěшěнче ăна çак сăлтавпах партирен кăларнă, çартан кăларса янă. Шупашкарта пурăнса «Заготзерно» каптурěнче ěçленě чухне 1941 çулхи июнěн 24-мěшěнче Степанова НКВД органěсем арестленě, Чăваш АССР Верховнăй сучě ăна 1927 çулта троцкистла ушкăн çумне «çыпçăннăшăн» тата Совет Союзне хирěç агитаци тунăшăн 8 çуллăха тěрмене хупма йышăннă. С. С. Степанов ěçěнче тата следстви материалěсенче вăл «халăх тăшманěсене» мухтанине ěнентерсе паракан конкретлă материалсем çук. Хăй «троцкистла ушкăна» хутшăннине тата Совет Союзне хирěç агитаци туса айăпа кěнине вăл йышăнман, манăн «ěçе» шухăшласа кăларнă, тесе пěлтернě. С. С. Степанов хăйне хупса усранă вырăнта 1946 çулта вилнě.

Прокуратурăпа КГБ органěсем 1955 çулта ěçе тěрěслесе çакна палăртнă: Степанова тасаран, унпа хирěçсе пурăннă пěр свидетель ěнентерсе панă тăрăх айăпланă. РСФСР Верховнăй сучěн президиумě 1956 çулхи сентябрěн 11-мěшěнче йышăннă постановлени тăрăх С. С. Степанова, унăн ěçěсенче преступлени пулманнине шута илсе, айăпран хăтарнă.

тесе çырать Д. Андреев вулакан. Ахальтен мар пулě М. Васильев «Усă сăмах» ят панă каласура пăшăрханать: «Пухусенче ларатăп-и, хаçата килекен çырусене вулатăп-и, çаплах-ха тўрě сăмахшăн шикленнине, ăна тăрса калама хăяйманнине, кăштах кăна критика пур çыру çине алă пусма ютшăннине тěл пулатăп». Мěншěн усçăнлăх тапхăрěнче çынсен

маттур ěçлекенсене чăрмантарасçě çеç мар, вěсем пěтěмешле сывлăшпа лару-тăрăва та пăсасçě-çке!»

Сывлăшпа кахал-наянсем кăна мар, пěрре пăхсан, ырă ěç тăвакансем пек курăнакансем те хăйсен чунсăрлăхěпе пăсасçě. Акă, мěн çырать хаçат: «Ашпа сěт плана султан султах тулса пырать. Председателе чыс та хисеп. Кула-кула çўрет вăл.

...лакусăр тапхăр вăхăтěнче «çўлтен» юнаса ситентерне хунав çěнетўвěн никěсě пулас çукки çинчен, çěнě çынна, çěнě руководительсене çěнěлле — пысăк та хăйтеллěнле ěç шанса воспитани парасси çинчен пырать.

«Шăматкуники каласусенче» хаçат çěнетўшěн чăнниех пěтěм пултарулăха парса кěрешекенсем çинчен часчасах асăнать. «Талантсем

...сыварманнисен те ăс-тăна çухатма кирле мар.

Темисе кун каялла пěр редакторпа редакцинчи ěç-пуç пирки чылай пуплесе лартăмăр. Каласу пěрмаях парти райкоме çине кěре-кěре кайрě. Мěнпур ăнăçсăрлăхшăн: хаçатри критикăна асăрхаманшăн та, ун страницисенче сивěч материалсем çуккишěн те — тата ыттисемшěн те райкомпа унăн секретарěсем айăпллă иккен. Паллă

...пěрремěш секретарě А. И. Кушков асăрханă, шăматкуники каласусене — политика урокěсем тесе хак панă.

Çакна палăртма кăмăллă: хаçат редакторне М. Васильева республикăри Журналистсен союзěн пленумěнче Чăваш АССР халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă.

**В. ВАСИЛЬЕВ,**
**СССР Журналистсен союзěн членě.**

## Т. Живков пирки

СОФИЯ, январěн 22-мěшě. (ТАСС). Болгарири коммунистсен партийěн Центральнăй Комитечěн Генеральнăй секретарě, Болгари Халăх Республикин Государство совечěн председателе пулнă Т. Живкова, Болгарин Тěп прокуратури йышăннă тăрăх, январěн 19-мěшěнчен пуçласа «ятарласа хатěрленě объектра» арестлесе усрасçě. Çакăн çинчен Болгари телевиденийě НРБ шалти ěçсен министрě хушнипе пěлтернě. Юлашки вăхăтра Т. Живков хăйěн София хули çумěнчи Боянири дачинче лăпкă пурăнать, тесе сăмах сарăлнă пулнă.

# УРĂХ ÇĚРШЫВСЕНЧЕ

## Партие сыхласа хăварас тěллевпе

ПЕКИН, (ТАСС). Партири тата обществăри йěркесěрлěх Китая малалла аталанма чăрмантарать. Китайри коммунистсен партийěн шăпишěн хăрушлăх кăларса тăратать. Парти çак ыйтăва татса параймасан, ăна халăх шанми пулě. Çапла каланă партин столицăри комитечěн дисциплинăна тěрěслес енěпе ěçлекен комиссийěн ларăвěнче Китайри коммунистсен партийěн Центральнăй Комитечěн Политбюровěн членě, партин Пекин хула комитечěн секретарě Ли Симин.

Парти кадрěсенчен хăшпěрисем хăйсене ытлашши асла хумалли тата хăйсене йăпăлтатмалли лару-тăру туса хума нумай тăрăшасçě. Çакă вăл парти принципěсемпе килěшсе тăмасть.

## Премьер-министр пěлтерни

БЕРЛИН, январěн 22-мěшě. (ТАСС). Правительствăн питě кирлě решенийěсене палăртса хатěрлемешкěн Демократиллě Германи Республикине «çавра сěтел» хушшинчи ларусене хутшăнакан ушкăнсемпе партисем пулашни тата канаш пани кирлě. Çапла пěлтернě тěп «çавра сěтелěн» паян Берлинта уçăлнă 9-мěш ларăвěнче ГДР премьер-министрě Ханс Модров. Правительство пуçлăхě пулнă май, эпě хам пěрпěр парти умěнче мар, халăх умěнче ответлă пулнине ăнланатăп, тенě вăл.

Перу — Латинла Америкăри чи пысăк çěршывсенчен пěри. Анды тăвěсен юрлă шěвěр тăррисем, хěвелпе çунтарса типěтнě айлăмсем, Амазонкăн тури пайěнчи тропик джунглийěсем — географи енчен илес пулсан, çакăн пек пысăк уйрăмлăхсемпе палăрса тăрать Перу Республики.

Авалхи инксен йăхěсем нумай çул хушши Испани пусмăрне хирěç кěрешнě, юлашкинчен вара, 1821 çулта çěршыв никама пăхăнманлăх çěнсе илнě.

Перура пурăнакан тěп халăхсем — индеецсем (кечуа, аймара), креолсем, метиссем, негрсем, китаецсем, итальянецсем тата ытти халăхсем пур. Европа культури кунта авалхи индеецсен цивилизаци пуянлăхěпе пěрлешсе кайнă.

Çěршывăн çěр айěнчи пуянлăхсем нумай, çавăн пекех вăл нефтьпе пуян, руда кăларасси, пулă промышленноçě вăйлă аталаннă, вěсем урăх çěршывсене тавар нумай ăсатма пулăшасçě. Апла пулин те, çак çěршыв чухăнсемпе пуянсем хушшинчи пысăк уйрăмлăхпа палăрса тăрать.

Ӳкерчěк çинче: индеецăн уяв тумě.

(ТАСС фотохроники).

## Кавказ леш енчи событисем çинчен

Урăх çěршывсенчи массăллă информаци органěсем Совет Союзěн руководстви Азербайджанпа Армени хушшинчи хирěçěве чарса лартас тěллевпе йышăннă татăклă мерăсем пирки хăйсен шухăшне пěлтересçě. Хаçатсемпе телевидени обозревателěсем çав мерăсене ирěксěртен йышăнма тивнине палăртасçě. Совет Союзěн руководстви икě республика гражданěсене тěплěн шухăшласа пăхма тата чăрăнма чěнсе калнине ырласçě.

АНГЛИ. Ют çěршыв тата содружество ěçěсен государство министрě У. Уолдгрейв Совет Союзěн Кавказ леш енчи лару-тăру пирки Би-би-си телекомпани панă ыйту çине ответлесе çапла каланă: Кавказ леш енче закон йěркине çěнěрен çирěплетес тата йěрке туса хурас тěллевпе йышăннă мерăсене Великобритани правительстви питě кирлě, тěрěс мерăсем тесе шутлать. Общинăсем пěр-пěрипе çурасăйманнине пула икě республика хушшинче пуçланнă хирěçěве пěтермешкěн май тупма пулать, тесе шутлать Великобритани правительстви.

ФРАНЦИ. Ют çěршыв ěçěсен министрě Р. Дюма ССР Союзěн ют çěршыв ěçěсен министрě Э. А. Шеварднадзе патне янă çырура Кавказ леш енче унти халăхсем нумай вăхăт хушши мирлě килěштерсе пурăнмашкăн çěнěрен условисем туса хурасса шанса тăнине палăртнă. Кавказ леш енче пулса иртекен драмăллă событисем Франци халăхне хытă шухăшлаттарасçě. Франци ку районта çěнěрен тытăçусем пулмěç, тесе шутлать.

ИТАЛИ. «Унита» тата «Темпо» хаçатсем Италин ют çěршыв ěçěсен министрě Д. де Микелис пěлтернине пичетлесе кăларнă. «Азербайджанри ěçсене хутшăнни тěллевě республикăна хěсěрлесси мар. Кунта çěнěрен йěрке туса хурасси тата пěр-пěрне ăнланасшăн пулман икě енне çапăçма чарасси çинчен сăмах пырать», тенě министр.

ФРГ. «Совет Союзěнче демократилле улшăнусен процесě чарăнса лармě», — тенě Федерациллě Германи Республикин ют çěршыв ěçěсен министрě Г.-Д. Геншер Австрири журналистсемпе калаçнă чухне. Азербайджанпа Арменири лару-тăру çинчен калаçнă май, Бонăн тулашри политика ведомствин руководителě çав республикăсенчи йěркесěрлěхе пěтерме çар чаçěсене хутшăнтарнине ырланă. Çарсемпе халăха хěсěрлеме мар, граждан вăрçи пуçланассине сирсе яма усă курасçě, тенě вăл.

США. Государство департаменчěн официаллă представителě çапла пěлтернě: «Бакура çынсем вилнě пирки эпир пěтěм чун-чěререн пăшăрханатпăр. Эпир юн юхасси кěçех чарăнасса шанатпăр. Регионти халăхсем ăслă-тăнлă та тўсěмлě пуласса шанатпăр. Регионта çěнěрен йěрке туса хунă хыççăн икě енě хирěç-хирěçлěхсене мирлě майсемпе пěтересси çинчен каласусем пуçласса шанатпăр».

ЯПОНИ. Т. Кайфу премьер-министр, Совет Союзěнче Бакура чрезвычайлă лару-тăру туса хунине Япони правительстви мěнле хакланă пирки журналистсен ыйтăвě çине ответлесе, çапла каланă: «Этем пурнăçне хисеплемелле. Анчах чрезвычайлă лару-тăру туса хуни йěркелěхе çирěплетме кирлě пулнă, тесе шутлатăп эпě. Çав йěркелěх халăхсем хушшинчи тытăçусене пула пěтнě».

(ТАСС, январěн 22-мěшě).

## Суд пуçланать

БУХАРЕСТ, январěн 22-мěшě. (ТАСС). Румынири коммунистсен партин Центральнăй Комитечěн Политěçтăвкомěн членěсем пулнă çынсене судпа айăплама пěрремěш процесс çитес эрнере пуçланать. Çакăн çинчен паян пресс-конференцире Румынин Наци çăлакан фрончěн совечěн пичет енěпе ěçлекен представителě Аурел Драгош Мунтяну пěлтернě.

# ÇĚНĚ ЗАВОД

Республика тěп хулин кăнтăр енчи çěнě районěнче, Кадыков урамěнче, «Каравай» çăкăр магазинне уçăлчě. Çăкăр-булка изделийěсене юнашарти çěнě заводран илсе тăрасçě.

2-мěш çăкăр заводěнче кунěн-çěрěн ěç чарăнмасть. «Завод хăйěн продукцине нумай пулмасть пама пуçларě, — тет завод директорě Ю. Кисхов. — Продукци калăпăшне ўстернипе пěрлех перекетлěх çинчен те манмастпăр. Пěлтěр тăватă тонна çăнах перекетлеме пултартăмăр.

Çăкăр цехěн начальникě Л. Егорова рационализаторла сěнў тăратнă: çăкăр-булкăна кăмакаран кăлармалли транспортер хатěрленě. Вăл халě пěр тикěс ěçлет. Çапла вара икě çынна урăх çěре куçарма май килнě.

Завод хапхинчен кăпăшка кулач, çавра булка, премěк, тортсем тиенě автомашинăсем тухса каясçě. Вěсен çулě — хулари магазинсене, столовăйсемпе ача сачěсене. Кўкеçри магазинсене те çăкăр-булка сахал мар ăсатать çěнě завод.

Ěç условийěсем лайăхланасçě. Заводра столовăй уçнă. Кěçех душ-сауна хута каять.

Завод коллективě 1989 çулта сутлăх продукци туса кăлармалли плана 116,8 процент тултарнă. Предприяти тупăшлă ěçлет. Бригадăсене подряд йěрки çине куçарнă.

Ассортимента анлăлатма, пахалăха лайăхлатма тăрăшасçě çăкăр ăстисем. Кăсал тата темиçе изделисем пěçерме тытăнасçě.

**Л. АЛЕКСЕЕВ,**
**обществăлла корреспондент.**

# Тухăç ўсет

МУРКАШ. «Сеятель» колхозра çěрěç культурине лайăхлатма тăрăшасçě. Çавна май тырпул тухăçě ўссех пырать. Пěлтěр хуçалăхра кашни гектартан 22,2 центнер тěштырă, 281 центнер пахчаçимěç, 493 центнер тымарçимěç туса илнě.

Район Совечěн депутачě Е. Сятынова ертсе пыракан иккěмěш бригадăра выльăх кăшманěн тухăçě 668 центнер, В. Владимиров бригадинче 602 центнер пулнă.

Тěштырă тухăçě Н. Макаров агроном ертсе пыракан тăваттăмěш тата В. Семенов ертсе пыракан пиллěкмěш бригадăсенче пысăк. Кунта кашни гектартан 24 центнера яхăн тухăç илнě.

Хуçалăх укçа-тенкě тупăшне çултан-çул ўстерсе пырать. Пěлтěр таса тупăш 800 пин тенкě пулнă.

**А. ПЕТРОВ.**

*Художник мастерскойĕнче*

# ЧУН ХАВАЛĔПЕ ĔНЕНĔВĔ

**ТВОРЧЕСТВАРИ ВУНА-ВУНПИЛĔК ÇУЛ ХУШШИНЧЕ ВЫСТАВКАСЕМ ÇИТЕЛĔКЛĔХ ПУЛНА УНĂН. ПОРТРЕТ, ПЕЙЗАЖ, НАТЮРМОРТ САРЛАС ЕНĔПЕ ВАЛЕРИЙ ГАВРИЛОВИЧ СЕМЕНОВА КРИТИКСЕМ ЧАНЛАСАХ АСАРХАМА ПУСЛАРĔÇ. ТЕМЕЛЛЕ КОМПОЗИЦИ ТĔЛĔШПЕ ТЫТАМЛА, ТĔС ТУЯМĔ ÇАЙЛА, УКЕРЧĔКĔ НАЧАР МАР, ТЕСЕ ПĔРРЕ КĂНА МАР ПАЛАРТНА ĔНТĔ.**

Мĕн калăн, ăсталăха çамрăкла алла илеймен çав. Шупашкарти художество училищинчен ăна, математикăпа, вырăс тата нимĕç чĕлхисемпе ĕлкĕрсе пырайманскерне, 1975 çулта вуçех кăларса янă. Хăшĕперисем, художникăн пултарулăх сăн-сăпатне килĕштерменнисем, халь те ун çинчен «иккĕсен» миххи», теме пăхаççĕ.

Михĕ-и, михĕ мар-и — вĕренес килнĕ-çке-ха. Училищĕре унпа пĕрле пуçланă яшсем, ун чухне ăна çитме тăрăшнăскерсем, акă, академире те вĕренчĕç, çĕршыври выставкăсенче курăна пуçларĕç. Валерие ку хутĕнче те шăпа тухмарĕ иккен.

Улттăрах тăлăха юлнă Валерий. Мĕн кăна тӳсмен, ăста кăна çитмен вăл художество училищине вĕренме кĕриччен! Салават хулинче платникра ĕçленĕ, çар службине Тбилисире ирттернĕ, Шупашкарта электрик пулнă, Ленинградра метро тунă. Училищĕне тӳрех кĕреймен, кашнинчех вырăс чĕлхине çителĕклĕ пĕлейменни кансĕрленĕ. Кĕрейсен, Р. Ермолаева, В. Семенов, П. Григорьев-Савушкин патĕнче вĕреннĕ. Чăваш ачин хăйне евĕрле талантне В. Гурин мухтанă, унăн искусствăри пысăк пуласлăхне шанни çинчен ĕнентерсе каланă.

Емĕрĕпе нушара, ним айăпсăр çинчех мăшкăл курса пурăнни никамăн чĕрине те çемçетес çук, кăмăл-туйăм хытасси те паллах кун пек чухне. Телее, Валерин пурнăç хаваслăхĕ чакман, чуне курайманлăх çаварса илмен. Çутçанталăк илемĕпе киленни, сынсене юратни унăн картинисенче куç кĕретех. Анчах мĕнрен килетха унăн пултарулăхĕнче вăй илсех пыракан «тĕксĕм сулăнăвĕ», ку чухнехи чи çивĕч социаллă ыйтусене вилесле аманнă юлă чĕре асапĕпе сăнлама тăрăшни?

Нумай пулмасть В. Семенов «Утă пуçтарни», «Асла тиллĕ çумăр иртнĕ хыççăн чечеклĕ улăхра», «Хĕллехи вăрман», «Çурхи шывсем», «Пăмраллă ял хĕрринче», «Çырмари çăлкуçĕ умĕнче» йышши илемлĕ курăмсене сăрлатчĕ, куç умĕнче пулнинчен ытларах шырамастчĕ. Çырлахтаратчĕ пулас çакă такама та. Ырă вĕт лайăххишĕн тунсăхлакан чун-чĕрене пылпа çу сĕрсе йăпатни. Каярахпа пачах урăхли пуçланчĕ. Тем тери хитре те çепĕç хĕрсен портречĕсен ярăменче вăл «сасартăк» «таканчĕ». Пĕр портретĕнче авал килсе тĕртсе тунă евĕрлĕ улача кĕпе тăхăннă мăнаçлăрах курăнакан хĕрарăма сăнланă. Хĕрарăмĕ Атăл хĕрринче тăрать, инçе те мар хĕрлĕ кирпĕчрен купаласа тунă чиркӳ тăрри, чăн çапса халăх чунне çĕклекен «каланча». Чăпчăн пурнăç тĕрекĕ пулса курăнатчĕ çак хĕрарăм, ĕмĕрсен сассиллĕ чиркӳ тăррипе пĕр тытăмлă та пĕр чĕрĕлĕхлĕскер. Портрета çырса пĕтеричченех çак «каланчана» «пирĕн вăхăтри паттăрсем» ирсĕрле ватса хучĕç, Шупашкар тĕсне тĕрексĕр тăратса хăварчĕç. Художникăн илемлĕх курăмне ялавлăхах суранларĕç.

Хăйен пурнăçне кăна аса илмест ĕнтĕ художник куллен хи ĕçре. Сăпран пăхса тӳрремĕн çеç ӳкерес пулсан, типлă сăнар, самана сăн-сăпачĕ сăрланаяс çук. Анчах асăннă портрет хыççăнхи пĕрремĕш картининех В. Семенов тăван амăшĕн пурнăçне тĕпе хурса ăсталарĕ. Кантăкран пӳрт умĕнчи чечекленекен йывăççем курăнаççĕ, вĕсем ял пурнăçне пĕтĕмпех хупласа хунă. Ĕлĕк пуян пулнă ял халь юхăнса çитнине пӳртри кашни япалах пĕлтерет. Килте вучах сӳнмен пулин те, кунта тахçанах кичем. Пĕччен тăрса юлнă ватă хĕрарăм хутса кăларакан кăмакана пысăк çăкăр лартмасть, сĕтел çинче пĕчĕк пашалу йăваланипех канăçать. Кам валли пĕçерес? Таçта ĕнтĕ вăл, тахçан çурт тулли хĕвĕшнĕ ача-пăча. Пысăк хуласенче-тĕр, илсе каяс тесе текех аптратаççĕ. Ĕмĕр тытнă йĕр татăлчĕ пулас. Мĕнле хăварăн-ха «йăх тымарне», хăвна хăв аллă хунипе пĕрех-çке çĕр ытамĕнчен татăласси... Тата, тепĕр енчен, çак кил, çак ял амăшĕпе пĕрле пăчланать, вăл çĕнĕрен çĕкленессе курай мăн.

Ялтан хулана ватлăхра куçнă çын шăпине художник «Пĕчченлĕх» картинăра тĕпчет. Пуян, пуянлăхĕпе мăнаçланса пурăнаççĕ ачасем. Амăшне валли уйрăм пӳлĕм туса панă, телевизор лартнă. Кур, савăн. Выçă мар, кĕпе-тум тесен те çителĕклех. Çапли çапла та, чул купи айĕнчи пекех кунти пурнăç. Кӳршĕ-тавраш çук, тăван-пĕлĕш сапаланса пĕтнĕ. Ачисем те амăшĕн пӳлĕменче пулмаççĕ, чĕрĕ чуна, чул стена тейĕн, туймаççĕ. Сăмах хушса илме никам тавçăраймасть. Çак ватлăхшăн иртрĕши хресчен пурнăçĕ?

Çеçпĕл шăпи иртнĕ саманаран татăлмасть. Темиçе тĕрлĕ картина та çуралчĕ В. Семенов мастерскойĕнче. Пĕр пирĕ çинче поэт, вăрăм шинель тăхăннăскер, çара пуçăн Атăлăн чăнкă çыранне хăпарнă. Пĕтĕм çĕршыв ун умĕнче, пĕтĕм тĕнче. Чун çĕкленмелле. Анчах савăнăç пурри сисĕнмест. Тӳпене хупласа илнĕ хура пĕлĕтсем чĕрĕ тĕссене пĕтернĕ, çĕр питне «чулпа хупланă». Мĕне шанас, мĕне кĕтес? «Эп вилсен» ирĕклĕхпе телей пулассине ĕненес-и? «Пывăр шухăшсем» айĕнче ĕмĕте сӳнтерес-и? Е чĕрĕ юлнисене чĕнсе, хĕвеллĕ ыран енне кĕпер чĕнтерлекенсем тимĕр урисемпе чĕре çине хăюллăн таптачăр-и? Тепĕр картинăра «хăюллă таптакани» Çеçпĕл хăй. Пĕтĕм халăх вилсе пĕтнĕ пек хăрушă курăнакан Шупашкар урамĕпе виçĕ юлашкине пырать. Революци хуралçисем вĕсем. Çак сивĕ мĕлкере-ши поэт чунĕ? Татах хăрушăраххи, трагеди вăйĕпе сăнланнă Çеçпĕл, чăваш уйĕнче тырă вырнă самантра. Поэт, «пăшаллă сынсемпе» пĕрле, тĕмсем ӳссе ларнă вырăна, пĕччен тăрса юлнă хĕрарăмсем патне пынă. Вăрçă арманĕнчен чĕрĕ юлнă пĕртен-пĕр «арçын» Çеçпĕл пуçран ачашланă шкул çулне çитсе пыракан ача. Ăçта çитрĕмĕр? «Пурнăçăм, хăш сăрт урлă каçсассăн...»

Пĕтĕмпех пĕр йĕркепе пырать çав. Усалтан ырри çуралмасть.

Истори те, ку чухнехи илемсĕр пурнăç та художникăн пултарулăхĕнче. «Çумăр айĕнче» ларать, авă, Афганистанра икĕ урасăр тăрса юлнă çамрăк каччă. Никам та асăрхамасть ăна, пĕр килсĕр йытă çеç, шăннăран сиксе чĕтрекенскер, уп çумне хăюсăр йăпшăнă. Чунсăрлах, эпир мар айăпла иккен çĕнĕ ăру пĕр тĕлсĕр вакланнăшăн. Анчах тĕрĕслĕхрен «сунчăкпа хупланса» иртсе кайма пулĕ-ши картинăри капăр тумлă çынсем пек?

Пурнăç чĕрĕлни-ши, хĕрхенӳ сурални-ши пирĕн çĕнетĕвĕмĕр. Художникăн «Таврăну» картининче тахçан ашшĕ патĕнчен вăрттăн тухса кайнă хĕр, ачаллă пулса таврăннăскер. Тĕнче кастарса çӳренипе телей тупаймарĕ, тупра пухаймарĕ. Каçарĕ-ши ашшĕ, вăйран кайнăскер? Мĕнле пĕтсе кайнă вăл. Кил-çуртне пурпĕрех пăхма пăрахман, ачине курас ĕмĕтпе тытăнса пурăннă. «Çĕнелни» картинăра — пĕтĕм ялйыш: ик-виçĕ карчăкпа старик. Вĕсем тин çеç хуларан килнĕ çамрăксен ун чĕпе каласма хатĕрленеççе. Мĕнле çынсем вĕсем, çамрăксем? Пĕри, авă, пĕчĕк ачипе, ыррине курайман пулас-ха. Тепри гитара тытнă, пуçĕ-шухăшĕ ял пурнăçне юрăхлă пулсан юратчĕ. Ыттисем ытла та «кăшкăрулла» тумланнă. Йĕри-тавра, куратăн ĕнтĕ, ишĕлнĕ çурт-йĕр, вĕлтĕрен пуснă урамсемпе пахчасем. «Ял çыннисен», ик-виçĕ карчăкпа старикăн, юхăнава чарма тек вăйĕ çук. Кам çĕнетĕ ял пурнăçне? Килнĕ çамрăксем хал çитерсеннччĕ.

Пăхатăп та, «Çĕнелни» картинăпа «Нумай çулсем иртсен» пĕрешкел пулнине ăнланса çӳçенетĕп. Юлашки произведенире тĕрмерен тин çеç тухнă вăйпитти арçын, тахçанхи «хура каçра» çухалнă çын. Тĕлсĕр, усăсăр иртнĕ пурнăç, çĕршыв чысне пĕтернĕ çулсем. Хупăнчăкра тăлмачни ирĕкре вăй илĕ-ши? Унта — çирĕп йĕркеччĕ, кунта, улшăннă саманара, этемлĕх хăвачĕ, чун-чĕре тасалăхĕ, таланчĕ хака кĕме пултарчĕши? Мĕн кĕтет чăн пурнăçра чăн-чăн этеме? Хĕрхенӳ туйăмĕ те, çĕнетӳ вăйĕ те хăйне хăех пулмасть, кун пирки сăмăлттай шухăш ан пултăр. Çапла асăрхаттарнăн туйăнать художник.

Академи тивĕçеймерĕ В. Семенова çамрăкрах чухне, пултарулăх пуçламăшĕнчех кирлĕ ăсталăхпа пĕлӳ вăхăтра пулаймарĕ. Укĕнтерет ку чăннипех. Анчах чăн талант хăй чăтса ирттерекен пурнăçран вĕренсе, вăй илсе, çĕнтерсе, ӳссе пырать. чакмасть. «Тĕксĕм сулăну» пурнăç тĕрĕслĕхне сăнар асамĕнче хăйĕнпе пĕр тан уçса кăтартма май парĕ.

**А. ГРИГОРЬЕВ.**

# ПĔЛТЕРӲСЕМ



**К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ Чăваш государство академи драма театрĕ**

## Февраль уйăхĕнчи репертуар

1 (кĕçнерникун), 14 (юнкун), 25 (вырсарникун, кăнтăрла) — В. КОБЯКОВ
**«КАЧЧА КАЯССАМ КИЛЕТ»**
Икĕ пайлă комеди
Спектакль кăнтăрла 14 сехетре, каçхине 21 сехетре вĕçленет.

2 (эрнекун), 16 (эрнекун) — В. Розов
**«АМАНТНА ЧУН»** премьера
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 20 минутра вĕçленет.

3 (шăматкун) — П. Осипов
**«АЙТАР»**
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

4 (вырсарникун, кăнтăрла), 15 (кĕçнерникун) — К. Иванов
**«НАРСПИ»**
Виçĕ пайлă драма
Спектакль кăнтăрла 14 сехет те 40 минутра, каçхине 21 сехет те 40 минутра вĕçленет

4 (вырсарникун — Н. СИДОРОВ
**«ЮНАШАРАХ ТЕЛЕЙ ÇУРЕТ»**
Икĕ пайлă пьеса
Спектакль 21 сехетре вĕçленет.

6 (ытларикун), 21 (юнкун) — Л. Толстой
**«ÇЫН КУÇÇУЛЕ ÇЕРЕ УКМЕСТ»**
Виçĕ пайлă пьеса
Спектакль 22 сехет те 10 минутра вĕçленет.

7 (юнкун) — В. РЖАНОВ
**«ЯЛ КУЛЛИ»**
Икĕ пайлă сатирăллă комеди
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

8 (кĕçнерникун), 18 (вырсарникун), 24 (шăматкун) — В. Туркай
**«КАÇАР МАНА»** премьера
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

9 (эрнекун), 13 (ытларикун) — А. Заридзе
**«ВУНСАККАРТА ЧУХ...»**
Икĕ пайлă драма
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

10 (шăматкун), 17 (шăматкун) — А. Артемьев
**«САЛАМПИ»**
А. Артемьев повеçĕ тăрăх В. Яковлев çырнă икĕ пайлă пьеса
Спектакль 22 сехетре вĕçленет.

11 (вырсарникун, кăнтăрла) — Н. Айзман
**«КАЙ, КАЙ ИВАНА»**
Икĕ пайлă комеди
Спектакль 14 сехет те 30 минутра вĕçленет.

11 (вырсарникун), 25 (вырсарникун) — А. Чебанов
**«ПРАСКИ ИНКЕ ХĔР ПАРАТЬ»**
Икĕ пайлă музыкăллă комеди
Спектакль 21 сехет те 20 минутра вĕçленет.

18 (вырсарникун, кăнтăрла) — Г. Медведев
**«КЕЛЛЕННЕ ЮРАТУ»**
Икĕ пайлă драма
Спектакль 14 сехет те 10 минутра вĕçленет.

20 (ытларикун), 28 (юнкун) — Б. Чиндыков
**«ÇАТАН КАРТА ÇИНЧИ ХУРА ХАМЛА ÇЫРЛИ»** премьера
Икĕ пайлă драма

22 (кĕçнерникун) — М. Старицкий
**«МА ТУХРАН-ШИ, САВНИ, УЛАХА»**
Икĕ пайлă халăх драми
Спектакль 21 сехет те 10 минутра вĕçленет.

23 (эрнекун) — Н. Терентьев
**«ПУШАР ЛАШИ»**
Икĕ пайлă трагикомеди
Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕçленет.

27 (ытларикун) — В. Шекспир
**«АШКАНЧАК ИНКЕСЕМ»**
Виçĕ пайлă прологлă комеди
Спектакль 18 сехет те 30 минутра пуçланать те 22 сехетре вĕçленет.

*Театрăн аслă режиссерĕ — РСФСР халăх артисчĕ В. Яковлев.*

Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каçхине 19 сехетре пуçланаççĕ.

Касса кашни кунах 13 сехетрен пуçласа 19 сехетчен ĕçлет.

Ыйтса пĕлмелли телефонсем: 22-54-95, 22-46-16, 25-23-23 («Шупашкар» универмаг).

Тунтикун — канмалли кун.

ЫРА СУНСА КĔТЕТПĔР!

# Азербайджанпа Армении лару-тăру

Паллă ĕнтĕ, Бакури лару-тăру питĕ çивĕчленсе кайнипе пула Азербайджан столицинче чрезвычайлă лару-тăру туса хунă. Çак мерăна халăх юнĕ юхассине чарса лартма йышăннă.

Январĕн 22-мĕшĕнче ирхине Азербайджан ССР Министрсен Совечĕн Председателĕ, республикан политика руководстви членĕ А. Н. Муталибов халăха чĕнсе каланă. Пирĕн çĕр çине пысăк хуйхă килчĕ, тенĕ вăл. Çынсем вилеççĕ. Азербайджанри пĕтĕм халăхпа пĕрле эпĕ вĕсем вилнишĕн чĕререн хурланатăп, вĕсен ашшĕ-амăшĕсем, аппăшĕсемпе пиччĕшĕсем умĕнче пуç таятăп. Пирĕнтен кашнех йĕритавра мĕн пулса иртнишĕн ответлă пулнине туллин туйса тăрать. Эпир, республика столицинче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси патне çитес мар тесе, мĕнпур кирлĕ мерăсем йышăнни çинчен тӳррипе пĕлтеретĕп. Республика суверенитетне çĕнĕрен туса хурас, экстремистсене кĕрешессине вăйлатас тĕлĕшпе практикăлла мерăсем йышăнаççĕ, палартнă вăл малалла. Националистла тата экстремистла ушкăнсем ылай руководителĕсене арестленĕ, вĕсене уголовнăй йĕркепе ответ тыттараççĕ.

Çав кунах Бакура январĕн 19—20-мĕшĕсенче вилнĕ çынсене пытарнă.

Шел пулин те, республикăра Баку çыннисем хушшинче ... ... сынсем халăхпа мĕн тери кăра пулни çинчен суя сăмах сараççĕ. Вĕлерессипе хăратса, çĕршывăн ытти кĕтесĕсенчен килнĕ халăха Бакуран тухса кайма хистеççĕ.

Бакура террористсем çар хулисем çине, çав шутра Сальян казармисем çине хĕçпăшалтан переççĕ. Çар çыннисене хура сăрăпа кăтартас тесе, тепĕр чухне «Азербайджанăн халăх фрончĕн» представителĕсем хăрушла суя сăмахсем сарма та именсе тăмаççĕ.

Азербайджан хулисемпе ялĕсенче йĕркесĕрлĕхсем пулса иртеççĕ. Пушкино хулинче хĕрсе кайнă çамрăксем парти райкомĕн çуртне ватса-çĕмĕрнĕ, В. И. Ленин памятникне аркатнă. Нахичевань районĕнче радиолокаци станцийĕн позицийĕ çине тапаннă. Вĕсене каялла сирсе ывăтнă.

Степанакерт хулинче «Карабах юхăмĕ» текен организацире тăракан экстремистсене администраци йĕркипе тытса чарас тĕлĕшпе мероприятисем пурнăçлаççĕ.

Арменире юлашки кунсенче Масис, Севан, Раздан районĕсенче пурăнакан курдсене те хăратма пăхаççĕ. Чылай чухне хĕçпăшал тытса илнĕ çĕре террористсем уголовнăй йĕркепе айăпланă çынсене хутшăнтараççĕ.

Çакăнпа пĕрлех хирĕçĕве чарса лартас тĕлĕшпе йышăнакан мерăсем усă кӳнĕ тĕслĕхсем те пур. Арменире хăйсен ирĕкĕпе хĕçпăшала ...

# ÇĔНĔ КĔПЕРСЕМ

Пирĕн строительство организацийĕ — кĕперсем тăвакан 41-мĕш отряд — Чăваш республикинче çирĕм пилĕк çул ытла ĕçлет ĕнтĕ. Çак хушăра хуласенче, районсенче пысăк инженери сооруженийĕсем туса лартнă. Вĕсем çĕнĕ магистральсем уçма, район центрĕсене шанчăклă çулсемпе сыхăнтарма май пачĕç. Шупашкарта кăна ултă пысăк кĕпер хывнă, çул урлă каçмалли кăткăс сооруженисене хута янă.

Коллективăн каçалхи тĕллевĕсем те пĕчĕк мар. Генподряд енĕпе 7,5 миллион тенкĕлĕх ĕçлемелле. Чи пысăк объектсен шутĕнче — Шупашкар ГЭСĕн плотина урлă хывакан кĕпер. Унта 1990 çулта 2,5 миллион тенкĕлĕх ĕçлемелле пулать. Н. Леванов бригадинчи строительсем хăвăртлăхпа пахалăхшăн тăрăшаççĕ.

Хальхи вăхăтра Етĕрне — Çĕмĕрле автоçул çинче Айхал юханшывĕ урлă тимĕрбетон кĕпер тăваççĕ.

**Е. ДВОРНИКОВ.**
**41-мĕш мостоотрядăн тĕп инженерĕ.**

*Спорт* — *Спорт*





*Хисеплет ăна ялйыш*

# Каратистсен ăсталăхĕ

сен Совечĕн Председателĕ, республикăн политика руководствин членĕ А. Н. Муталибов халăха чĕнсе калланă. Пирĕн ҫĕр ҫине пысăк хуйхă килчĕ, тенĕ вăл. Ҫынсем вилеҫҫĕ. Азербайджанри пĕтĕм халăхпа пĕрле эпĕ вĕсем вилнишĕн чĕререн хурланатăп, вĕсен ашшĕ-амăшĕсем, аппăшĕсемпе пиччĕшĕсем умĕнче пуҫ таятăп. Пирĕнтен кашнинех йĕритавра мĕн пулса иртнишĕн ответлă пулнине туллин туйса тăрать. Эпир, республика столицинче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси патне ҫитес мар тесе, мĕнпур кирлĕ мерăсем йышăнни ҫинчен тӳррипе пĕлтеретĕп. Республика суверенитетне ҫĕмĕрен туса хурас, экстремистсемпе кĕрешессине вăйлатас тĕлĕшпе практикăлла мерăсем йышăнаҫҫĕ, палăртнă вăл малалла. Национализмпа тата экстремистла ушкăнсен пылай руководителĕсене арестленĕ, вĕсене уголовнăй йĕркепе ответ тыттараҫҫĕ.

Ҫав кунах Бакура январĕн 19—20-мĕшĕсенче вилнĕ ҫынсене пытарнă.

Шел пулин те, республикăра Баку ҫыннисем хушшинче ҫĕршер тата пиншер ҫын, ҫав шутра хĕрарăмсемпе ачасем вилни ҫинчен калакан сăмах саралать. Чăннипе илсен вара, хулан ҫар коменданчĕ вырăнти радиопа тухса каланă тăрăх, январĕн 19—20-мĕшĕсенче Бакура 83 ҫын, ҫав шутра 14 салтакпа офицер тата вĕсен ҫемйисен членĕсем вилнĕ. Бакура вилнĕ ҫынсем хушшинче пĕр хĕрарăм та, пĕр ача та ҫук.

Ҫар коменданчĕ халăха чĕнсе каланинче ҫакна палăртнă: хулара чрезвычайлă лару-тăру режимне ҫемҫетсе пыраҫҫĕ. Пĕрке туса хурас тĕллевпе халăхра упранакан хĕҫпăшала ҫынсене районти ҫар комендатурин представителĕсене январĕн 21-мĕшĕнчи ирхине 9 сехетчен пырса пама сĕннĕ.

Анчах Азербайджан столицинче халĕ те халăха ҫапăҫусене хутшăнма чĕнсе калакан листовкăсем сараҫҫĕ. «Азербайджанăн халăх фрончĕн» хăшпĕр лидерĕсем халăх хушшине яракан экстремистсемпе националистла элементсем ҫынсене ҫара хирĕҫ, унтан та ытларах, вырăссене хирĕҫ тăратасшăн. Ҫак тĕллевпе ҫар тан переҫҫĕ. Ҫар ҫыннисене хура сăрăпа ҫатартас тесе, тепĕр чухне «Азербайджанăн халăх фрончĕн» представителĕсем хăрушла суя сăмахсем сарма та именсе тăмаҫҫĕ.

Азербайджан хулисемпе ялĕсенче йĕркесĕрлĕхсем пулса иртеҫҫĕ. Пушкино хулинче хĕрсе кайнă ҫамрăксем парти райкомĕн ҫуртне ватса-ҫĕмĕрнĕ, В. И. Ленин памятникне аркатнă. Нахичевань районĕнче радиолокаци станцийĕн позицийĕ ҫине тапăннă. Вĕсене каялла сирсе ывăтнă.

Степанакерт хулинче «Карабах юхăмĕ» текен организацире тăракан экстремистсене администраци йĕркипе тытса чарас тĕлĕшпе мероприятисем пурнăҫлаҫҫĕ.

Арменире юлашки кунсенче Масис, Севан, Раздан районĕсенче пурăнакан курдсене те хăратма пăхаҫҫĕ. Чылай чухне хĕҫпăшал тытса илнĕ ҫĕре террористсем уголовнăй йĕркепе айăпланă ҫынсене хутшăнтараҫҫĕ.

Ҫакнпа пĕрлех хирĕҫӳве чарса лартас тĕлĕшпе йышăнакан мерăсем усă кӳнĕ тĕслĕхсем те пур. Арменире хăйсен ирĕкĕпе хĕҫпăшала власть органĕсене кайса парасси сарăлса пырать. Арарат районĕнчи Ерасх ялĕнче Арменири компартин Центральнăй Комитечĕн секретарĕ М. А. Серобян, Армян ССР Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ В. М. Даян, Азербайджан ССР Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕпе И. А. Рагимовпа, партин Нахичевань обкомĕн секретарĕпе Р. У. Джалиловпа тĕл пулнă. Ку тĕлпулăва СССР халăх депутачĕ М. С. Сурков генерал-майор тата шалти ҫарсен генерал-майорĕ Н. Г. Федосов хутшăннă. Хирĕҫӳ малалла сарăлса кайассине чарса лартас тĕллевпе ҫапăҫма пăрахмашкăн, чикĕ хĕрринчи районсенчен хĕҫпăшаллă ушкăнсене илсе тухмашкăн, сиенленĕ чугун ҫул лаптăкĕсене ҫĕнĕрен хурса тухмашкăн, Арменипе Азербайджана поездсем ҫӳретмешкĕн, Ильичевск районĕнчи Керки ялне каякан автомобиль ҫулне уҫмашкăн пĕрле вăй хурса ĕҫлеме калаҫса татăлнă.

(ТАСС).



## Хисеплет ăна ялйыш

Терентий Григорьевичпа «Росинка» лагерьте паллашрăм. Вăл Япони самурайĕсене Халхин-Гол юханшывĕ патĕнче ҫапса аркатнăранпа 50 ҫул ҫитнĕ куна палла тума пынăччĕ.

Кăкăрĕ ҫинче — орденсемпе медальсем. Уттине пăхсан, 85-ре теме ҫук хăйне.

1939 ҫулта Хĕвеланăҫ Белоруссие ирĕке кăларма хутшăннă вăл. 1941 ҫулхи июнĕн 22-мĕшĕнче, килĕнче ҫулталăк пурăннă хыҫҫăн, каллех фронта тухса кайнă, тылран хĕҫпăшал турттарнă. Ҫĕнтерĕве Австрире кĕтсе илнĕ. Часах ăна Хĕвелтухăҫне куҫарнă. 1946 ҫулта тăван ялне — Елчĕк районĕнчи Аслă Пăла Тимеше таврăннă. Чылай ҫул хушши автомашинăпа ĕҫленĕ. Аслă Пăла юханшывĕ ҫинче гидроэлектростанци, ҫӳс-каптăр завочĕ турттарнă. ГЭСĕ халĕ те ларать.

Терентий Григорьевичпа мăшăрĕ ултă ача пăхса ҫитĕнтернĕ. Пурте аслă пĕлӳ илнĕ.

В. МАЛЬЦЕВ.

# Каратистсен ăсталăхĕ

5—6 ҫул каялла Шупашкарта ҫĕнĕ спорт енĕ ҫинчен калаҫма пуҫларĕҫ. Вăл — Хĕвелтухăҫĕнчен килнĕ хăйне евĕрлĕ кĕрешӳ — каратэ-до ятлă. Ăна аталантарас тесе, юлашки ҫулсенче облпрофсоветри врач, обществăлла тренер В. А. Тимофеев уйрăмах нумай вăй хунă.

Малтанхи ҫулсенче республикăн тĕп хулинчи каратистсем хăйсен тренировкисене вăрман уҫланкисенче, тĕрлĕ картишсемпе пуҫвалсенче кăна иртнĕ. Тĕрĕссипе каласан, ҫак спорт енне аталантарма хăй вăхăтĕнче республикăри физкультурăпа спорт организацийĕсене ертсе пыракансем хăйсемех чăрмантарнă. Каратэ-до виҫĕмҫул кăна ирĕккĕнтерех вăй илме пуҫларĕ, пĕлтĕр тинех официаллă йĕркепе Хĕвелтухăҫ кĕрешĕвĕсен чăваш ассоциацине туса хунă, ăна кĕскетсе ЧАВЕ (Чувашская ассоциация восточных единоборств), теҫҫĕ. ЧАВЕ президенчĕ пулма Вячеслав Александрович Тимофеева суйланă. Вăл ертсе пынипе чăваш каратисчĕсем Пĕтĕм Союзри ăмăртусене пĕлтĕр пуҫласа хутшăнчĕҫ.

Иртнĕ канмалли кунсенче вара Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн «Салют» Культура керменĕнче ҫĕршыври ҫамрăк каратистсен пĕрремĕш ăмăртăвĕсем пулса иртрĕҫ. Ҫĕршыв тĕрлĕ кĕтесĕсенчен килнĕ 100 ытла спортсмена саввăнăҫлă парадра Шупашкар хула Совечĕн ĕҫтăвкомĕн председателĕ С. В. Шалимов, Хĕвелтухăҫ кĕрешĕвĕсен совет ассоциацийĕн (САВЕ) президенчĕ И. Л. Гульев ăшшăн саламларĕҫ. Тăван ҫĕршывăн патриочĕсем пулса ҫитĕнме, ĕҫре тата вĕренӳре пысăк ҫитĕнӳсем тума ырă сунчĕҫ.

Спорта юратакан кашни ҫын Культура керменне ятарлă билет туянса кĕчĕ. Унăн хакĕ — пĕр тенкĕрен пуҫласа виҫĕ тенкĕ таранччен. Залĕ те пысăк, анчах та унта ăмăртусем вăхăтĕнче пушă вырăнсем пачах пулмарĕҫ. Ҫак тĕслĕх те ҫамрăксем Хĕвелтухăҫĕнчен килекен кĕрешӳ енĕсене юратни ҫинчен калать. Сăмах май каласан, кăтартуллă ăмăртусене хĕрсем те хутшăнчĕҫ.

Халлĕхе ҫĕршыв чемпионĕсен ятне аякри хуласенчен килнĕ яшсем — Карагандари Сергей Ким, Челябинскри Руслан Исингалеевпа Илья Фатеев, Ижевскри Евгений Баталов, Саратоври Денис Давыдов тата Пензăри Михаил Дроздов ҫĕнсе илчĕҫ. Шупашкар спортсменĕсенчен виҫĕмĕш призерсен ятне Сергей Колбасов, Юрий Кириков тата Евгений Иванов тивĕҫ пулчĕҫ. Машиностроительнăй техникумра вĕренекен Юрий Платонов тăваттăмĕш вырăна кăна юлчĕ пулин те, каратэ-до мелĕсене хитре пурнăҫланăшăн ятарлă парне илме тивĕҫлĕ пулчĕ.

П. СИДОРОВ.

*Укерчĕксем ҫинче:* каратистсен ăмăртăвĕнче; С. В. Шалимов ҫăмăл виҫере ҫĕнтернĕ спортсменсене наградăсем парать (сулахайри —Юрий Кириков.).

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕсем.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

Спектакль 14 сехет те 10 минутра вĕҫленет.

20 (ытларикун), 25 (кĕҫнерникун)

**«САТАН КАРТА СИНЧИ ХУРА ХАМЛА СЫРЛИ»** премьера — В. Николаев

Икĕ пайлă драма

22 (кĕҫнерникун)

**«МА ТУХРАН-ШИ, САВНИ, УЛАХА»** — М. Старицкий

Икĕ пайлă халăх драми

Спектакль 21 сехет те 10 минутра вĕҫленет.

23 (эрнекун)

**«ПУШАР ЛАШИ»** — Н. Терентьев

Икĕ пайлă трагикомеди

Спектакль 21 сехет те 30 минутра вĕҫленет.

27 (ытларикун)

**«АШКАНЧАК ИНКЕСЕМ»** — В. Шекспир

Виҫĕ пайлă прологлă комеди

Спектакль 18 сехет те 30 минутра пусланать те 22 сехетре вĕҫленет.

Театрăн аслă режиссерĕ — РСФСР халăх артисчĕ В. Яковлев.

Спектакльсем кăнтăрла 12 сехетре, каҫхине 19 сехетре пуҫланаҫҫĕ.

Касса кашни кунах 13 сехетрен пуҫласа 19 сехетчен ĕҫлет.

Ыйтса пĕлмелли телефонсем: 22-54-95, 22-46-16, 25-23-23 («Шупашкар» универмаг).

Тунтикун — канмалли кун.

ЫРА СУНСА КĔТЕТПĔР!



Укерчĕк ҫинче: «Каҫар мана» спектакльти пĕр сцена. Серафима — Чăваш халăх артистки А. Кутузова.

## ҪАНТАЛĂК

Синоптиксем ҫапла пĕлтерчĕҫ: паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ ҫанталăк пулать, вырăн-вырăнпа кăштах юр ҫăвать. Ҫил ҫурҫĕр-хĕвеланăҫ енчен ҫеккунтра 4—9 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 10—15 градус, Шупашкарта 12—14 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ — 8 сехет те 6 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЮНКУН,
ЯНВАРЕН 24-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Озорной котенок». Мультфильм.
8.40 — «Мария». Документлă фильм.
9.20 — «Право на прошлое». Илемлĕ телефильм. 1-мĕш сери.
10.30 — Владимир Высоцкий. Монолог.
11.30 — «Вокруг света». Альманах.
12.30 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
13.00 — Халăх творчествин «Радуга» телепрограммисен тĕнчери VIII фестивалĕ.
15.30 — С. Рахманинов. Фортепианăпа оркестр валли ҫырнă 2-мĕш концерт.
16.05 — «Реконструкция». Документлă телефильм премьери.
16.35 — «Муму». Мультфильм.
16.55 — Мускаври халăх инструменчĕсен оркестрĕн концерчĕ.
17.25 — Ача - пăча сехечĕ (акăлчанла вĕрентекен урокпа).
18.25 — Коллаж. (Реклама. Пĕлтерӳсем. Информаци).
18.30 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
19.00 — Прогресс. Информаци. Реклама.
19.30 — «Дракон и солнце». Мультфильм премьери.
19.45 — «Право на прошлое». Илемлĕ телефильм. 2-мĕш сери.
21.00 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
21.30 — «Пурăнмалли ҫурт-йĕр — 2000» акци. 3-мĕш передача.
21.40 — Останкинăри Концерт студийĕнче МГУн Ют чĕлхесене пиччĕ хăвăрт вĕрентекен центрĕн директорĕпе, педагогика наукисен докторĕпе Г. А. Китайгородскайпа иртнĕ тĕлпулу.
23.00 — И. С. Бах. 3-мĕш сюита.
23.35 — Мультфильм.
23.45 — Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — «Хочу все знать». Киножурнал.
8.35 — 11.05 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — «На лежбищах морских зверей». Наукăлла - популярлă фильм.
12.05 — «Дарю песню». Фильм-концерт премьери (Хусан).
17.00 — Мультфильм премьери. «Пингвиненок Лоло». 3-мĕш фильм.
17.30 — «Ухтер мучи юррисем». Телеспектакль (Шуп.).
18.30 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
19.00 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.10 — Чăвашла калаҫма вĕренетпĕр (Шуп.).
19.40 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.50 — Ырă каҫ пултăр, ачасем!
20.05 — Хоккей. ССР Союзĕн чемпионачĕ. «Динамо» (Мускав) — ЦСКА.
21.15 — Концерт.
21.30 — «Небесные ласточки». Илемлĕ телефильм. 2-мĕш сери.
22.35 — Баскетбол. Арсынсем. ЦСКА — «Фонола» (Итали).

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 24-мĕшĕнче «Каҫар мана» драма, январĕн 25-мĕшĕнче «Ҫын куҫҫулĕ ҫĕре ӳкмест» пьеса.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 24-мĕшĕнче «Тысяча и одна ночь» балет, январĕн 25-мĕшĕнче «Нарспи» опера.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 24-мĕшĕнче «Камерный» театр Лаврентия Берии» шарж премьери, январĕн 25-мĕшĕнче «Зойкина квартира» фарс.

Спектакльсем 19 сехетре пуҫланаҫҫĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Кĕрен зал: «Ночные воришки» — 9.00, 10.50, 12.40, 14.30, 16.30, 21.00; «Зеленый луг» — 19.00. Киноазал: «Заколдованный доллар» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Прогулка в горы» — 9.00; «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Месть и закон» — 9.00, 11.30, 14.30, 17.30, 20.00. Вăтам зал: «Кто сказал «мяу» — 10.00, 14.00; «Я в полном порядке» — 12.00, 15.30, 17.00, 19.00, 21.00. Пĕчĕк зал: «Индийские йоги. Кто они» — 9.30; «Деревенька моя центральная» — 10.30, 12.30, 16.30, 18.30, 20.30; «Публикация» — 14.30.

«МИР» — «Медведь и заяц» — 9.00; «Огонь, вода и медные трубы» — 10.30, 12.00, «Материнская любовь» — 16.30, 19.30;

«СОКОЛ» — «Смех и горе у Бела моря» — 10.00; «Роман с камнем» — 12.00, 18.00; «Октябренок» кинолектори («Сказка о царе Салтане») илемлĕ фильм — 14.00; «Брак с выходными днями» — 16.00, 19.45.

«ЛУЧ» — «Любимый Раджа» — 15.00, 17.30, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Месть и закон» — 12.00, 15.00, 17.30, 20.00.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь—21-13-26; секретар нат — 25-13-01; парти пурнăҫ пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕҫĕпе социаллă пурнăҫ пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; ҫырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 [Канаш], 2-10-54 [Елчĕк], 4-34 [Етĕрне] тата 2-26-30 [Сĕнтĕрвăрри]; издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаҫатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаҫат тунтикунсăр пуҫне кулленех тухать.

НТ 31339. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 356.